ПЕТЕМ ТЕНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШЕР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 29 юнкун № 147 (9056)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## *Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн Председательне*

## *Ким Ир Сен юлташа*

Перемири тума алă пусни çинчен пĕлтернине пĕтĕм совет халăхĕ чун-чĕререн кăмăлласа кĕтсе илчĕ. Перемири пирки пынă калаçусем ăнăçлă вĕçленнине Совет халăхĕ Корейăн геройла халăхĕ тата Китай халăхĕн паттăр добровольцĕсем тунă аслă çĕнтерӳ тесе шутлать.

Корейăри перемири пирки тунă килĕшӳ çав вăхăтрах мирпе демократин пĕтĕм лагерĕн пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать.

Вăрçă чарăннă май Корея халăхĕ умне Корея государствин нациллĕ пĕрлĕхне çĕнĕрен туса хурас, çавăнпа пĕрлех тата халăх хуçалăхне юсас, Корея халăхне ирĕксĕрлесех хутшăнтарнă вăрçă аркатса хăварнă хуçалăха юсас задачăсем тухса тăраççĕ.

СССР Правительстви Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствине çав пысăк тата вăраха хăвармасăр татса памалли задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама ырă сунать, Корейăн нумай асап тӳснĕ халăхне мирлĕ пурнăçа йĕркелес ĕçре тата хăйĕн Тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн туса пынă юнлă вăрçă кӳнĕ йывăр сурансене юсас ĕçре май пур таран пур енчен те пулăшма хатĕр пулни çинчен пĕлтерет.

**СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. МАЛЕНКОВ.**

Мускав, 1953 çулхи июлĕн 27-мĕшĕ.

## *Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствине*

## *Ли Дон Ген юлташа*

Перемири тăвас пирки алă пусни тата Корея халăхне ирĕксĕрлесех хутшăнтарнă вăрçă пĕтни Демократиллĕ Корея Халăх Республикин тата Китай халăх добровольцĕсен пысăк çĕнтерĕвĕ, çавăнпа пĕрлех тата миршĕн тăракан демократиллĕ лагерĕн питех те пысăк çитĕнĕвĕ пулса тăрать.

Корейăн геройла халăхĕ, хăйĕн никама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхне хӳтĕлесе пысăк йывăрлăхсем тӳснĕскер, халĕ хăйĕн Тăван çĕршывĕн пĕрлĕхне çĕнĕрен туса хурас, инкек курнă хуласемпе ялсене юсас, çĕршывăн халăх хуçалăхне вăйлатас задачăсене пурнăçламашкăн тытăнма пултарать.

Корея халăхне çав мĕнпур ĕçсене туса пыма Совет Союзĕпе демократиллĕ ытти çĕршывсем активлăн пулăшса тăрĕç.

**СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. МОЛОТОВ.**

Мускав, 1953 çулхи июлĕн 27-мĕшĕ.

# КОРЕЙĂРИ ПЕРЕМИРИ

Нумай вăхăт хушши пынă калаçусем ăнăçлăн вĕçленнĕ май, июлĕн 27-мĕшĕнче Корейăри перемири çинчен тунă килĕшӳ çине алă пуснă. Вăрçă ĕçĕсем чарăнчĕç.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕ патне—Ким Ир Сен юлташ патне янă телеграммăра, паян пичетленсе тухакан телеграммăра, çапла каланă:

«Перемири тума алă пусни çинчен пĕлтернине пĕтĕм совет халăхĕ чун-чĕререн кăмăлласа кĕтсе илчĕ. Перемири пирки пынă калаçусем ăнăçлă вĕçленнине совет халăхĕ Корейăн геройла халăхĕ тата Китай халăхĕн паттăр добровольцĕсем тунă аслă çĕнтерӳ тесе шутлать.

Корейăри перемири пирки тунă килĕшӳ çав вăхăтрах мирпе демократин пĕтĕм лагерĕн пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать.

Вăрçă чарăннă май Корея халăхĕ умне Корея государствин нациллĕ пĕрлĕхне çĕнĕрен туса хурас, çавăнпа пĕрлех тата халăх хуçалăхне юсас, Корея халăхне ирĕксĕрлесех хутшăнтарнă вăрçă аркатса хăварнă хуçалăха юсас задачăсем тухса тăраççĕ.

СССР Правительстви Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствине çав пысăк тата вăраха хăвармасăр татса памалли задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама ырă сунать. Корейăн нумай асап тӳснĕ халăхне мирлĕ пурнăçа йĕркелес ĕçре тата хăйĕн Тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн туса пынă юнлă вăрçă кӳнĕ йывăр сурансене юсас ĕçре май пур таран пур енчен те пулăшма хатĕр пулни çинчен пĕлтерет».

Совет правительстви пуçлăхĕн çак телеграмми мĕнпур совет çыннисен шухăш-кăмăлне палăртать, вĕсем Корейăн геройла халăхĕпе Китай халăхĕн паттăр добровольцĕсен аслă çĕнтерĕвне, мирпе демократин пĕтĕм лагерĕ тунă пысăк çĕнтерĕве саламлаççĕ.

СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов юлташ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Ли Дон Ген юлташ патне ярса панă телеграмминче те совет çыннисен шухăш-кăмăлĕ палăрса тăрать. Ку телеграмма та паян пичетленсе тухать.

Корейăра перемири тăвасси çинчен алă пусни çакна уçăмлăн кăтартса пачĕ: халĕхи тĕнчери лару-тăрура пĕтĕм тĕнчипе тавлашуллă ыйтусене йĕркелесе ямалли пĕртен-пĕр тĕрĕс те юрăхлă май вăл интересленекен çĕршывсем хушшинче калаçусем ирттерни пулса тăрать, «вăйпа хăратмалли» çул ку ĕçшĕн юрăхсăр. Корейăра перемири туни çинчен калакан паллă событи калаçусем ирттернипе пĕтĕм тĕнчери питĕ тавлашуллă ыйтусене, çав ыйтусене татса пама тӳрĕ кăмăлпа тăрăшсан, ăнăçлăнах татса пама пулни пурри кăтартса парать.

«Вăйпа хăратмалли» политикăна пурнăçланăсемпе ăна пурнăçласа пыраканĕсем хăйсен опычĕнчех çакна курса ĕненчĕç: вĕсен политики, уйăп, демократиллĕ çĕршывсене хирĕç—халăхсем хăйсен пурнăçĕн хуçисем пулса тăнă çĕршывсене хирĕç кĕрешес ĕçре усă курсан, результатсем пулмаççĕ. США-па ăна пăхăнса тăракан государствăсем, хăйсен сутăнса панă çарĕсене Корея халăхне хирĕç кăларса ярса, вăрçăн виçĕ çулĕ хушшинче Демократиллĕ Корея Халăх Республики тата ăна пулăшма пынă Китай добровольцĕсем паттăррăн хирĕç тăнине хавшатма пултараймарĕç.

Перемири çине алă пуснă пирки тухса каланинче США-н государственнăй секретарĕ Даллес намăса пĕлмесĕр, çапла мухтаннă: вăрçă ĕçĕсен виçĕ çулĕ хушшинче Корейăра гражданла çыннисене миллионшарăн вĕлерсе пĕтернĕ, Çурçĕр Корея территорийĕ «пĕтĕмпех çаралса юлнă», тенĕ. Даллес çакăн пек пĕлтерсе такама хăратса ӳкересшĕн пулнă пулас, анчах результачĕ урăхла пулса тухнă: США-н государственнăй секретарĕ Даллес ирĕксĕрех Америка интервенцийĕн чăн-чăн характерне паллă тунă, çав интервенцие, тĕпрен илсен, Корейăри мирлĕ халăха вĕлерсе пĕтерес, халăх пурлăхне пĕтерсе хурас тĕллевпе туса пынă.

Корейăра вăрçă ĕçĕсем вĕçленни вăрçăн çавнашкал меслечĕсем Америка командованине пулăшманни çинчен калать. Америка генералĕсен хăйсен те Корейăра çĕнтерӳ тума май çукки́не йышăнма тивнĕ.

Ĕç ака мĕнре: хăйĕн кĕрешĕвĕ тĕрĕслĕхлĕ пулнине пĕлсе тăни Корея халăхне тата ăна пулăшма пынă Китай добровольцĕсене никам çĕнтерейми вăй-хăват пачĕ. Халăх демократи стройĕн паха енĕсем, фронтпа тыл никам аркатмалла мар пĕрлĕхлĕ пулни Ĕçлĕх партийĕпе хăйĕн правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăракан Корея халăхне вăрçăн мĕнпур йывăрлăхĕсене çĕнтерме условисем туса пачĕ. Халăх çарĕ, патриотизмăн аслă шухăшĕпе хавхаланса, хăйĕн ретĕнче пиншер геройсем палăртса пачĕ, вĕсен паттăр ĕçĕсем нихçан та манăçа тухас çук. Интервентсене илес пулсан вара, вĕсен çарĕсен çапăçури чăтăмлăхĕ пĕчĕк пулнă, мĕншĕн тесен Америка салтакĕсем хăйсен ĕçĕ тĕрĕслĕхлĕ маррине пĕлсе тăнă, çав тĕрĕслĕхлĕ мар ĕçшĕн вилме тивнĕ.

Акă мĕншĕн ĕнтĕ Америка çарĕн Корейăна янă чи лайăх, иккĕмĕш тĕнче вăрçинче опыт пухнă дивизийĕсем, çавăн пекех сывлăш-çар вăйĕсемпе тинĕс-çар флочĕн соединенийĕсем нимĕн чухлĕ те çĕнтерӳ тума пултараймарĕç. Виçĕ çул çапăçнă хыççăн та вĕсем вăрçă пуçланă вырăнтах—38-мĕш параллельрех юлчĕç.

Американ мире юратакан Корея халăхне хирĕç тунă агрессилле ĕçĕсене пĕтĕм тĕнче пĕр шухăшлă пулса сивлерĕ. Интервентсен ĕçне хирĕç мĕнпур çĕршывсенче хăватлă юхăм пуçланчĕ.

Çакă вăл Америкăри ертсе пыракан ушкăнсен ĕмĕтне путлантарса лартмалли услови туса пачĕ, çавăнпа та ĕнтĕ вĕсене перемири çинчен çĕнĕрен калаçу пуçарма тиврĕ.

Çак вăрăм та кăткăс калаçусен историне пурте аван пĕлсе тăраççĕ. Тĕнчери миршĕн тăракан вăйсем Корейăра вăрçă пуçлансанах Корейăри конфликта мирлĕ майпа татса пама, вăрçа сиенĕнчех чарса лартмалла тума сĕнчĕç.

Совет Союзĕ вăрçа чарса лартмалла тăвассишĕн тăчĕ. Çак ĕçе 1950 çулхи июль уйăхĕнче Инди премьер-министрĕ Неру каланине хирĕç Совет правительстви ответ парса пуçарнă. Кун хыççăн СССР Союзĕн ООН-ри представителĕсем Нью-Йоркра радио тăрăх тухса калани перемири пирки калаçу пуçармалли никĕс пулса тăчĕ. Юлашкинчен, 1953 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнче Совет правительстви Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республики панă сĕнӳсемпе—Америка енĕ плена çар çыннисене улăштарассине чарса лартнă май перемири тăвас тĕлĕшпе çĕнĕрен калаçу пуçарасси çинчен панă сĕнӳпе, çапла вара перемири тăвассине хăвăртлатма май паракан сĕнӳпе пĕтĕмпех килĕшрĕ. Корейăпа Китай енĕсем панă сĕнӳсем, Совет Союзĕ çав сĕнӳсене пурнăçа кĕртессишĕн çине тăни Корея ыйтăвне тĕрĕс татса пама, перемири тума, вăрçă ĕçĕсене чарса лартма май пачĕç.

Корейăри калаçусем çав тери вăраххăн пынине—икĕ çул та 17 кун хушши тăсăлнине мĕнле ăнлантарса пама пулать-ха? США-ри уйрăм ушкăнсем—Хĕвелтухăçĕнче вăрçă ĕçĕсене тăсса, вăйлатса пырассишĕн тăракан ушкăнсем перемири тăвассине тăсма, кăткăслатма е пĕтĕмпех путарса лартма пĕтĕм вăйран тăрăшнипе кăна ăнлантарса пама пулать. Вĕсен шухăшĕ путланса ларни çакăн çинчен каласа парать: халăхсен мир тăвас туртăмĕ çав тери хăватлăн ӳссе кайрĕ, çав вăй уссăн е вăрттăн мире хирĕç кĕрешекен тăшмансене каялла чактарать.

Çапла вара Корейăра перемири çине алă пусни мире юратакан вăйсен пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Анчах та Корейăра çирĕп мир тăвас пулсан, Корея халăхне хăйĕн çĕршывĕ малашне мĕнле пуласси çине хăйне татса пама ирĕк памалла, унăн çак ĕçне урăх çĕршывсен хутшăнмалла мар. Çак ыйтура Корея государствин пĕрлĕхне тăвас задача—Корея халăхĕн вăрçă пуçланас умĕнхи чи кирлĕ задачи тĕп вырăн йышăнма тивĕç. Корейăна мирлĕ майпа, демократилле никĕс çинче пĕрлештерес ĕç Корея халăхĕн чи кирлĕ ĕçĕ пулса тăрать.

Пĕтĕм тĕнчери халăхсем Корейăри ĕçсем малашне мĕнле пулса пынине пысăк тимлĕхпе сăнаса тăрĕç.

Ли Сын Ман пĕр-пĕр кун «хăй ирĕкĕпе» перемирие пăсма пултарни çинчен США-ра нумай калаççĕ, нумай çыраççĕ. Анчах та çак пукане çине йăвантарни хăйсем алă пуснă килĕшĕве пурнăçласа пырас тĕлĕшпе Пĕрлешӳллĕ Штатсен ответлăхне сирсе ямасть. Çакă ĕнтĕ пурне те ăнланмалла. Паллах ĕнтĕ, хăйсем алă пуснă перемири килĕшĕвĕ пурнăçланса пынишĕн США-н çар командованийĕпе правительстви ответ тытма тивĕç.

Корейăра перемири туни Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса пама çул уçса пачĕ. Халĕ ĕнтĕ, тупă сассисем кĕрлеме чарăнсан, Корея халăхĕ умне государствăн нациллĕ пĕрлĕхне туса хурас, сиенленнĕ хуласемпе ялсене юсаса ура çине тăратас, çĕршывăн халăх хуçалăхне çĕклес задача тухса тăчĕ. Çаксене пĕтĕмпех пурнăçлас ĕçре Корея халăхне Совет Союзĕпе халăх демократилле ытти çĕршывсем пулăшса пыраççĕ.

Корейăра перемири çинчен пынă калаçусем ăнăçлăн вĕçленни çакна лайăх кăтартса парать: интересленекен çĕршывсем хушшинче пĕтĕм тĕнчери ĕçсем тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе калаçса таталнипе тата килĕшӳ тунипе татса пама май килмен тавлашуллă ыйтусем çук. Çакна ăнланса илни мире юратакан халăхсене пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклĕтессишĕн кĕрешнĕ çĕрте çĕнĕ вăй парса тăрать.

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 28-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарас умĕн

### *Мускав*

Мускаври ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пропагандăпа агитаци пайĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс — Энгельс—Ленин—Сталин Институчĕн «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарчĕ (1903—1953)» ятлă тезисĕсемпе питех те интересленсе паллашаççĕ.

Столицăри предприятисемпе учрежденисенче хаçатсене пĕрле пухăнса вуланă, калаçусем ирттернĕ. Нумай библиотекăсенче выставкăсем уçăлнă.

«Динамо» заводри рабочисемпе служащисем июлĕн 27-мĕшĕнче тезиссене питĕ тимлĕн итленĕ. Халĕ çав документа завод цехĕсемпе пайĕсенче вулаççĕ.

Дзержинский ячĕпе тăракан «Трехгорная мануфактура» комбиначĕн цехĕсенче тезиссем вулас тата вĕсем тăрăх калаçусем ирттерес ĕç политикăлла пысăк çĕкленӳпе пулса пырать. Комбинатри ватă работница Агриппина Петровна Жарова коммунистка çапла калать:

— Пирĕн Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарнине эпир савăнăçлăн тата хаваслăн паллă тăватпăр. Вăл, пирĕн юратнă тата тăван парти, совет халăхне чечекленекен телейлĕ пурнăç патне илсе çитерчĕ. Нимĕнле чăрмавсем те пирĕншĕн хăрушă мар, мĕншĕн тесен пире Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ пĕрмаях малалла, татах та çутăрах пуласлăх—коммунизм патнелле илсе пынине эпир пĕлетпĕр.

КПСС 50 çул тултарни çинчен çырнă тезисене столицăри «Красный пролетарий» заводри тата Владимир Ильич ячĕпе тăракан заводри станоксем тăвакансем питĕ тимлĕ итленĕ. Предприятисен цехĕсенче çав документа ушкăнăн-ушкăнăн пухăнса вулаççĕ.

Государствăн Мускаври истори библиотекинче КПСС 50 çул тултарни çинчен выставка уçнă. Выставкăри материалсем Российăра XIX-мĕш ĕмĕр вĕçĕнче тата XX-мĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче революциллĕ юхăм мĕнле вăйланса пынипе паллаштараççĕ, Ленинла «Искра» хаçат парти вăйĕсене пĕрлештерес, вĕсене пĕрлештерсе марксистла программăллă вăйлă пролетариллĕ парти туса хурас ĕçре мĕнле вырăн йышăнса тăни çинчен кăтартса параççĕ. Витринăсем çинче — В. И. Ленин кĕнекисем. Кунта РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕн материалĕсем—унта тухса каланă сăмахсем, резолюцисем. РСДРП организацийĕсем çĕршыври хăш хуласенчен съезда делегатсем янине кăтартакан карттă питĕ интереслă. Выставкăн пысăк пайĕ «Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвакан совет обществин организацилесе тата хавхалантарса пыракан вăйĕ» темăпа паллаштарать.

### *Ленинград*

Ленинградри рабочисем, служащисем, мĕнпур ĕççыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пропагандăпа агитаци пайĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс—Энгельс—Ленин —Сталин Институчĕн «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарчĕ (1903—1953)» ятлă тезисĕсене хытă интересленсе вулаççĕ.

Кировски заводра, атă-пушмак тăвакан «Скороход» фабрикăра, çип арлакан тата пир тĕртекен «Рабочий» ятлă фабрикăра, «Красный выборжец» заводра тата хулари ытти предприятисенче тезиссене ушкăнăн-ушкăнăн пухăнса вуланă.

В. И. Ленинăн Центральнăй музейĕн Ленинградри филиалне паян халăх нумай пынă. Хулари ĕççыннисем, Челябинскран, Горькирен, Ригăран тата ытти хуласенчен пынă экскурсантсем РСДРП-ăн Иккĕмĕш съездне пухма хатĕрленĕ тата ăна ирттернĕ тапхăрти материалсемпе, документсемпе, фотоӳкерчĕксемпе паллашнă.

### *Киев*

Киеври ĕççыннисем РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕ пулнăранпа аллă çул тултарнине палăртма хатĕрленеççĕ.

Украинăри Коммунистсен партийĕн Киев область тата хула комитечĕсен библиотекинче «РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарни» ятлă выставка тунă. Унта—В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн кĕнекисем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тата ытти документсем. Çавăнтах фотоӳкерчĕксемпе картинăсем, диаграммăсемпе таблицăсем пур.

Библиотекăн кĕнеке-хаçат вуламалли залĕнче халăх нумай. Кунта агитаторсем, пропагандистсем, ученăйсем, партипе совет работникĕсем РСДРП-ăн Иккĕмĕш съезчĕн материалĕсемпе паллашаççĕ, калаçусемпе докладсем ирттерме хатĕрленеççĕ.

Кун пек выставкăсем партин Молотовски, Подольски тата ытти райкомĕсенчи библиотекисенче, хулари нумай предприятисемпе учрежденисен библиотекисенче уçнă. (ТАСС).

### *Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче*

# Республикăри колхозсенче тырпул пухса кĕртес ĕç мĕнле пыни çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ республикăри колхозсенче тырпул пухса кĕртес ĕçе организацилес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртаççĕ. Парти, совет, ялхуçалăх органĕсен руководителĕсемпе колхоз председателĕсем нумайăшĕ, кăçал тырпул пухса кĕртес ĕçре уйрăмлăхсем пуррине шута илмеççĕ, тĕштырă культурине пухса кĕртес ĕçе тӳсме çук вăраххăн туса пыраççĕ, çакă вăл тырпул нумай тăкăнса пĕтесси патне илсе çитерме пултарать. Тырă циссе çитнĕ пулин те, Улатăр, Кувакино, Йĕпрес, Канаш тата Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи нумай колхозсем тырпул пухса кĕртме кая юлса тытăннă. Республикăри нумай колхозсенче тырă вырнă çĕрте МТС-семпе колхозсен машинисемпе ĕçлемеççĕ. Çанталăк йĕпе-сапаллă тесе, комбайнсемпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Уйрăм райисполкомсем, КПСС райкомĕсем тата ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсем, çавăн пекех чылай колхозсен правленийĕсем тырпул пухса кĕртес ĕçе тĕрĕс организацилес тĕлĕшпе, тырпул пухса кĕртмелли машинăсемпе тухăçлă ĕçлес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Машинăсемпе, çурласемпе тата çавасемпе тырă вырнă çĕрте пĕчченшерĕн тата пĕчĕк ушкăнсемпе сдельщина йĕркипе ĕçлессине организацилемен, пысăк ушкăнсемпе ĕçленĕ пирки нумай колхозниксем ĕç нормине тултармаççĕ. Нумай колхозсенче ача яслисемпе площадкисем организацилеме мерăсем йышăнмаççĕ.

Ялхуçалăх органĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем тырпул пухса кĕртес ĕçĕн пахалăхне тĕрĕслемеççĕ. Нумай колхозсемпе МТС-сенче тырпул вырмалли машинăсем çине зерноуловительсем, выртнă тырпула тата вăрлăхлăх хăварнă курăксене вырма ятарласа тунă хатĕрсем майлаштарса лартман, пучахсене тураса тата алăпа пухассине йĕркелемен, вырнă участоксене колхозниксенчен уй-хир бригадин бригадирĕсем тата бригадирсенчен колхоз председателĕсем йышăнассине организацилемен, çакă вара тырпул чылай тăкăнса пĕтесси патне илсе пырать.

Тырпул пухса кĕртес ĕçри пысăк çитменлĕхсемпе пĕрлех чылай районсенчи колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлессине, техникăлла культурăсене, пахча çимĕçсене, выльăх апачĕ тума акнă культурăсене пăхса ӳстерес тата пуса тасатассине япăх организациленĕ.

Парти райкомĕсем колхозсемпе МТС-сенчи пуçламăш организацисене тырпула вăхăтра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртме, государствăна тырă пама çителĕксĕр мобилизациленĕ, вĕсене массăлла-политикăлла ĕçе тата социализмла ăмăртăва сарса пырас тĕлĕшпе конкретлă пулăшу памаççĕ. Чылай колхозсенче агитаторсем тырпул пухса кĕртекен колхозниксемпе механизаторсем хушшинче сайра хутра кăна пулаççĕ, хаçатсем вуласа памаççĕ, калаçусемпе докладсем ирттермеççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăннă:

1. Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, райисполкомсене, КПСС райкомĕсене, МТС директорĕсене тата колхоз правленийĕсене тырпул пухса кĕртес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, тырпула питĕ кĕске срокра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртмелле, государствăна тырă памалли тата вăрлăх хывмалли плана вăхăтра тултармалла тума хушас. Çак тĕллевсемпе:

а) МТС-семпе колхозсен мĕнпур материальнăй-техникăлла хатĕрĕсене пĕр тăхтаса тăмасăр ĕçе хутшăнтармалла, вĕсемпе тухăçлă ĕçлемелле, вĕсем техникăлла тата организацилле сăлтавсене пула ахаль тăни пачах пулмалла мар. Ĕçлеме пултаракан пур колхозниксене те ĕçе хутшăнтарас пулать тата уяр çанталăкăн кашни сехечĕпе усă курас пулать.

Тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте ĕçлекен трактористсен, комбайнерсемпе колхозниксен пĕр кун хушшинчи тата сменăри нормăсене тултармалла тăвас пулать. Тырра комбайнсене чармасăрах пушатма, тырă турттарма, комбайн вырнă хыççăн улăмпа арпа пуçтарма кирлĕ чухлех автомашинăсем, бестаркăсем, урапасем, михĕсем, шăналăксем тата ытти кирлĕ хатĕрсем уйăрса памалла;

б) тырпул пухса кĕртес ĕç пахалăхне çирĕппĕн тĕрĕслесе тăмалла. Колхозниксемпе комбайн агрегачĕсем вырнă лаптăксене уй-хир бригадисен бригадирĕсен кашни кун, колхоз председателĕсен — уй-хир бригадисенчен пилĕк кунта пĕр хутран кая мар йышăнмалла;

в) тырпул пухса кĕртес ĕçсене пĕрпĕринчен кая хăварса туса пыни пулмалла мар. Вырма пуçланă хыççăн 3—5 кунтан кая юлмасăр авăн çапма, капан тума, государствăна тырă пама тата вăрлăх фончĕсем хывма тытăнмалла;

г) государствăна тырă памалли плансене мĕнле тултарнине куллен тĕрĕслесе тăмалла. Государствăна тырă парас ĕçе кашни колхозăн куллен хутшăнмалла, тырпул хатĕрлевĕн пĕтĕм тапхăрĕнче ĕçлеме ялан лăха транспорт бригадисем организацилемелле, вĕсенче ĕçлеме тӳрĕ кăмăллă колхозниксем, çителĕклĕ таран туртăм вăйĕ, транспорт хатĕрĕсемпе михĕсем уйăрса памалла;

д) тырпул пухса кĕртес ĕçе тата ĕçе учета илессине тĕрĕс организацилемелле. Пысăк ушкăнсемпе ĕçлени пулмалла мар, пĕччеишерĕн тата вак ушкăнсемпе сдельщина йĕркипе ĕçлемелле. Ĕç пысăкăшĕпе пахалăхĕ кура, колхозниксемпе МТС работникĕсене ĕçкунĕсем тĕрĕс çырса панине çирĕппĕн тĕрĕслесе пымалла. Тырпул тухăçлăхĕ мĕн чухлĕ пулнине производство бригадисенче уйрăмшарăн учета илмелле, çапла вара колхозниксемпе трактор бригадисен работникĕсене тырпул тухăçлăхĕн планне ирттерсе тултарнăшăн хушса тӳлеме май пултăр;

е) колхозсене тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте ĕçлекен колхозниксене апат çитерме обществăлла столовăй организацилеме, уйрăм участоксенче уй-хир станĕсем тума сĕнес; хĕрарăм-амăшĕсен ĕç условийĕсене лайăхлатма ача яслисемпе площадкисем организацилемелле;

ж) тырпул тăккаланса ан юлтăр тесе, выртнă тырпула тата вăрлăхлăх хăварнă курăксене вырма комбайнсем çине зерноуловительсемпе ятарласа тунă хатĕрсем вырнаçтарса лартмалла;

з) колхозсенче сарайсем, витнĕ итемсем, зерносушилкăсем, авăнсем тумалли заданисене çывăх вăхăтра пурнăçласа çитерес пулать, çапла майпа авăн çапас, государствăна тырă парас, вăрлăх фончĕсем хывас ĕçсене татти-сыпписĕр туса пыма май пултăр.

2. Республикăри Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, МТС директорĕсене, райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене утă çулас ĕçе çывăх кунсенчех вĕçлесе çитерме тата силос хывас ĕçе хăвăртлатма, çавăн пекех каярах акнă культурăсене лайăх пăхса ӳстерме, кĕрхи культурăсене агротехникăлла чи лайăх сроксенче—августăн 25-мĕшĕнчен кая юлмасăр акса пĕтерме, ялхуçалăхĕн ытти ĕçĕсене те йĕркеллĕ туса ирттерме хушас.

3. Райисполкомсене, парти райкомĕсене тата МТС директорĕсене техникăлла культурăсене (йĕтĕне, кантăра) тата нумай çул ӳсекен курăксен вăрлăхĕсене вăхăтра пухса кĕртме хушас, çав культурăсене пухса кĕртес ĕçре йĕтĕн татмалли машинăсемпе, кантăр татмалли жаткăсемпе тата комбайнсемпе туллин усă курмалла.

4. КПСС райкомĕсене, колхозсенчи, совхозсенчи, МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене, МТС директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсене тырпул пухса кĕртес, государствăна тырă парас ĕçсенче парторганизацисен рольне ӳстерме, колхозсемпе МТС-сенче партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатма, тырпула вăхăтра, пĕр тăккаламасăр пухса кĕртни тата тырпул хатĕрлевĕн планне срокчен тултарни государствăшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулни çинчен колхозниксемпе МТС работникĕсене тăтăшах ăнлантарса парас пулать. Механизаторсемпе уй-хир бригадисем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сармалла, мĕнпур колхозниксем, совхозсенчи рабочисем тата МТС механизаторĕсем пысăк тухăçлăхпа ĕçлессишĕн кĕрешчĕр, тырпул пухса кĕртес ĕçсене питĕ лайăх тата тырă памалли плана срокчен тултарассишĕн кĕрешчĕр тесе тăрăшмалла. Ăмăрту итогĕсене тăтăшах çутатса тăмалла, ку тĕллевпе кăтарту хăмисемпе, боевой листоксемпе, хаçатсемпе тата радиопа усă курмалла. Тырпул пухса кĕртес ĕçре малта пыракансен опытне анлăн пропагандăламалла, çавăн пекех ĕç дисциплинине пăсакансене хирĕç, МТС-семпе колхозсен тырпул вырса пухмалли машинăсемпе усă курассине тӳрĕ кăмăлпа хакламан çынсене хирĕç тата ĕçе пахалăхсăр тăвакан, тырпула тăккалакан çынсене хирĕç кĕрешсе пымалла.

# РСФСР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕнле тултарни çинчен

## РСФСР Статистика Управленийĕ пĕлтерни

1953 çулта пĕрремĕш çурçуллăхра республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность, ялхуçалăхĕпе транспорт мĕнле аталанса пынине, капитальнăй строительство ÿсине, тавар çаврăнăшĕ вăйланнине, коммунальнăй хуçалăх, хуласене илемлетсе лайăхлатас, ĕç аталаннине, рабочисемпе служащисен хисепĕ нумайланнине тата культура строительстви мĕнле пынине çак цифрăсем кăтартса парассĕ:

РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность пĕрремĕш çурçуллăхра продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 100,3 процент тултарнă. Уйрăм министерствăсем промышленность продукцийĕ туса кăлармалли плана пĕтĕмпе çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх планне тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| РСФСР Вырăнти тата топливо промышленность министерстви | 102 |
| РСФСР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви | 101 |
| РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви | 101 |
| РСФСР Вăрман тата хут промышленность министерстви | 90 |
| РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 104 |
| РСФСР Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 104 |
| РСФСР Культура министерствин промышленность предприятийĕсем | 105 |
| РСФСР Сывлăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 103 |
| Роспромсовет | 100,7 |

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра çĕр мамăкĕпе йĕтĕн тата пурçăн пир-авăрĕ, сăран тата резина атă-пушмак, сыхнă кĕпе-йĕм, чăлхасемпе носкисем, кавир, аш-какай, ÿсентăран çăвĕ, кондитерски изделисем, макарон, виноград тата улма-çырла эрехĕ, мороженăй тата халăх валли ытти таварсем туса кăлармалли плана ирттерсе тултарнă.

Тимĕр-бетонран тата гипсран тунă строительство деталĕсем, линолеум, линкруст, санитари фаянсĕ, пăтасем, хăма çуракан рамăсем, ялхуçалăх машинисем, слесарно-монтажнăй инструмент, электроустановка изделийĕсем тата ытти йышши продукци туса кăлармалли пĕрремĕш çурçуллăхри плана ирттерсе тултарнă.

Анчах та планпа çирĕплетнĕ уйрăм йышши продукци туса кăлармалли заданисене пур министерствăсем те пĕтĕмĕшпех тултарман. РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви кирпĕчпе черепица туса кăлармалли плана тултарман, РСФСР Вăрман тата хут промышленность министерстви ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли тата хăмасем туса кăлармалли плана тултарман, РСФСР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви пулă тытмалли плана тата сăра туса кăлармалли плана тултарман, РСФСР Вырăнти тата топливо промышленность министерстви килте усă курмалли холодильниксем, эмалированнăй чугунтан, алюминирен тунă савăт-сапа, тимĕр кроватьсем, ситĕнсе ситмен ачасем валли велосипедсем туса кăлармалли плана тултарман; Роспромсовет урапасем, повозкăсем, сĕтел-пукан, металран тунă савăт-сапа, хут купăссемпе баянсем туса кăлармалли плана тултарман.

### II.

РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность тĕп продукци туса кăларасси 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, çакăн пек ÿснĕ (процентпа):

| | |
|---|---|
| Хура металсен прокачĕ | 122 |
| Торф | 106 |
| Кирпĕч | 117 |
| Кирпĕч вырăнне усă курмалли япаласем | 105 |
| Черепица | 109 |
| Гипсран тунă строительство деталĕсем | 108 |
| Тимĕр-бетонран тунă строительство деталĕсем | 133 |
| Çуртсене илемлетмелли плиткăсем | 112 |
| Метлахски плиткăсем | 127 |
| Хăма | 107 |
| Толь | 112 |
| Линолеум | 141 |
| Линкруст | 181 |
| Пăралукран тунă пăта | 118 |
| Известь | 112 |
| Гипс | 107 |
| Пурă | 113 |
| Хăма çурмалли рамăсем | 115 |
| Ялхуçалăх машинисем | 161 |
| Урапасемпе повозкăсем | 113 |
| Çĕр мамăк пир-авăрĕ | 109 |
| Çăм пир-авăр | 105 |
| Пурçăн пир-авăр | 102 |
| Çиелтен тăхăнмалли трикотаж | 103 |
| Аялтан тăхăнмалли трикотаж | 122 |
| Тимĕр кроватьсем | 116 |
| Сĕтел-пукан | 109 |
| Пианинăсемпе рояльсем | 114 |
| Радиоприемниксем | 160 |
| Хут купăс, баян тата аккордеон | 115 |
| Патефонсем | 116 |
| Пичетлемелли машинка | 118 |
| Çĕçĕсемпе вилкăсем | 105 |
| Тимĕр савăт-сапа | 150 |
| Фарфорпа фаянсран тунă савăт-сапа | 104 |
| Тетрадьсем | 111 |
| Аш-какай | 103 |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 102 |
| Ÿсентăран çăвĕ | 141 |
| Сыр | 125 |
| Кондитерски изделисем | 111 |
| Макарон | 125 |
| Виноград эрехĕ | 125 |
| Улма-çырла эрехĕ | 112 |
| Сăра | 110 |
| Витаминсем | 121 |

РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра продукци, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, пĕтĕмпе 9 процент ытларах туса кăларнă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра республикăри тата вырăнти промышленность туса кăларакан продукци пахалăхне кăштах лайăхлатнă, анчах уйрăм предприятисем продукцин стандарт тăрăх йышăннă пахалăхĕпе сортне пăснă. РСФСР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин предприятийĕсем «капрон» пурçăнтан пĕрремĕш сортлă чăлхасемпе носкисем туса кăлармалли плана тултарайман. Вырăнти тата топливо промышленность министерствин, промысла кооперацийĕн предприятийĕсем фарфорпа фаянсран туса кăларакан савăт-сапан, сĕтел-пукансен, кроватьсен, бритвăсемпе бритва лезвийĕсен тата ытти хăшпĕр таварсен пахалăхĕ халĕ те япăхрах-ха.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра промышленность продукцийĕн хăйне харакан хакне 4 процента ахăн йÿнетнĕ.

### III.

Колхозсем, машина-трактор станцийĕсем тата совхозсем çурекине ăнăçлă ирттерчĕ тата çурхи культурăсем акмалли плана тултарчĕ.

1953 çулта тырпул акса хăварнă çĕр лаптăкĕ, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, ÿснĕ, хĕвелçаврăнăш тата сахăр кăшманĕ нумайрах акса хăварнă. Тулă акакан лаптăка чылай ÿстернĕ. Республикăри колхозсем çурхи тулă тата хĕвелçаврăнăш акмалли плана тултарнă. Йĕтĕн акмалли, çĕрулми, пахча çимĕç харгмалли план тулайман.

Общественнăй выльăх-чĕрлĕх валли кирлĕ тарап апат хатĕрлес тĕлĕшпе колхозсем выльăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли лаптăка чылай ÿстернĕ. Пĕр çул ÿсекен курăксем тата силос культурисем акмалли плана ирттерсе тултарнă. Нумай çул ÿсекен курăксем акакан лаптăк пысăкланнă, анчах кăçал çуркунне нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана тултарман.

Кăçал машина-трактор станцийĕсемпе совхозсем тракторсемпе, автомашинăсемпе, комбайнсемпе тата ытти ялхуçалăх машинисемпе иртнĕ çулхинчен ытларах пуянланнă.

Кăçал çуркунне улма-çырла пахчисен, виноградниксен лаптăкĕ ÿснĕ.

### IV.

РСФСР Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх министерствин автомобиль транспорчĕ грузсем турттармалли плана 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра 105 процент, пассажирсене автобуссемпе илсе çÿремелли плана 107 процент тултарнă.

РСФСР-ти пĕчĕк юханшывсем тăрăх грузсем турттармалли плана 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра 109 процент тултарнă.

РСФСР Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх министерстви автомобиль çулĕсем тумалли плана 105 процент тултарнă, çулсем юсамалли плана тултарайман.

### V.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, РСФСР министерствисемпе ведомствисенче государство тăвакан капитальнăй строительство ĕçĕсен калăпăшĕ 114 процент пулнă, вăл шутра РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерстви енĕпе—125 процент, РСФСР Сутăç министерстви енĕпе—141 процент, РСФСР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви енĕпе—105 процент, РСФСР Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх министерстви енĕпе—115 процент пулнă. Анчах 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра строительство ĕçĕсен планне РСФСР министерствисем тултарайман.

Ĕçсыннисен депутачĕсен вырăнти Совечĕсем, çавăн пекех республика министерствисемпе РСФСР ведомствисем пурăнмалли çуртсен строительстви валли хывнă укçа-тенкĕ 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 22 процент ÿснĕ, вырăнти Советсем коммунальнăй строительство валли хывнă укçа-тенкĕ 33 процент ÿснĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра РСФСР территорийĕнче шкулсем, кинотеатрсем, больницăсем, поликлиникăсем, ача яслисем, ача сачĕсем, пионер лагерĕсем тата культурăпа йăлан ытти учрежденийĕсем тăвасси анлăн сарăлса пынă.

РСФСР Пурăнмалли çуртсем тăвакан тата граждански строительство министерстви, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, строительствăпа монтаж ĕçĕсене 16 процент ытларах пурнăçланă. Анчах вăл 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхри плана пĕтĕмĕшпех тултарайман.

### VI.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра совет суту-илĕвĕ малалла вăйланса пынă.

Карточка системине пăрахăçа кăларнă хыççăн, СССР правительстви йышăннă тăрăх, куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене улттăмĕш хут йÿнетни халăха таварсем сутассине малалла ÿстерме май пачĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, государствăпа кооперации сутуилĕвĕ енĕпе халăха таварсем 15 процент нумайрах сутнă. 1953 çулхи II-мĕш кварталта таварсен хакĕсене йÿнетнĕ, куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстернĕ тата Правительство халăха сутмалли таварсен фондне пысăклатмалли ытти мероприятисене пурнăçланă май халăха, 1952 çулхи II-мĕш кварталтипе танлаштарсан, тавар 23 процент нумайрах сутнă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, аш тата ашран тунă продуктсем, пулă тата пулăран тунă продуктсем, выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, ÿсентăран çăвĕ тата ытти йышши çу, сыр, çăмарта, сахăр, кондитерски изделисем, чей, çĕр мамăк пир-авăрĕ тата пурçăн пир-авăр, тумтир, трикотаж изделийĕсем, чăлхасемпе носкисем, сăран атă-пушмак, сехетсем, çĕвĕ машинисем, сĕтел-пукан, тусан тасатмалли машинăсем, патефонсем, телевизорсем, велосипедсем, мотоциклсем тата çăмăл автомобильсем сутасси ÿснĕ. Анчах хăшпĕр районсенче уйрăм таварсем сутас енĕпе халăх ыйтнине пĕтĕмпех тивĕçтерейменçĕ-ха.

Государствăпа кооперации магазинĕсенче ялхуçалăх продукчĕсем сутасси ÿснипе пĕрлех, 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра колхоз пасарĕсенче те çав продуктсене, уйрăмах тулă çăнăхĕ, кĕрпе, çăмарта, çĕрулми, пахча çимĕç тата кайăккĕшĕк сутасси ÿснĕ. 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра колхоз пасарĕсенче продуктсен хакĕ йÿнелнĕ.

### VII.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, коммунальнăй электростанцисем электроэнерги парса тăрасси 13 процент, газ—33 процент, коммунальнăй водопроводсем шыв парса тăрасси 8 процент ÿснĕ.

Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, хулари мĕнпур йышши транспортпа пассажирсем илсе çÿресси çакăн чухлĕ ÿснĕ: пассажирсене троллейбуссемпе илсе çÿресси—12 процент, трамвайсемпе илсе çÿресси—2 процент. Пассажирсене çăмăл таксомоторнăй автомобильсемпе илсе çÿресси 7 процент ÿснĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра çĕнĕ коммунальнăй предприятисем тăвас, ĕçлекен коммунальнăй предприятисене аслăлатас, хуласене газификацилес тата вĕсен благоустройствине лайăхлатас енĕпе ирттерекен ĕçсем малалла сарăлса пынă.

### VIII.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, РСФСР-ти республика хуçалăхĕпе вырăнти хуçалăхра ĕçлекен рабочисемпе служащисен хисепĕ, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 2 процент ÿснĕ.

Государствăн республикăри промышленноçĕпе вырăнти промышленноçра рабочисен ĕç тухăçлăхĕ 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 6 процент ÿснĕ.

### IX.

1953 çулхи çурçуллăх вĕçленнĕ тĕле аслă вĕренÿ заведенийĕсемпе техникумсенче юлашки курса вĕренсе пĕтерекен çамрăк специалистсен хисепĕ (заочно вĕренекенсемпе пĕрле) виççĕр пин çын ытла пулнă.

Çичĕ çул вĕренмелли, вăтам шкулсенчен тата çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсенчен вĕренсе тухнисен хисепĕ кăçал 1952 çулхинчен 19 процент ытларах пулнă. Çав шутран вăтам шкултан вĕренсе тухса аттестат зрелости илнисен хисепĕ 40 процент ÿснĕ.

Пĕрремĕш çурçуллăхра çĕнĕ вĕренÿ çулĕ тĕлне пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсем валли пичетлесе кăларнă кĕнекесен тиражĕ, иртнĕ çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 57 процент ÿснĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра РСФСР-та халăха медицина тата санитари пулăшăвĕ парас ĕç малалла лайăхланса пынă. Больницăсен, ача çуратмалли çуртсен, санаторисен, канмалли çуртсен тата ача сачĕсен хисепĕ ÿснĕ.

**РСФСР СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĔ.**

---

*Партин II-мĕш съезчĕ 50 çул тултарнă тĕле*

# Пирĕн партин историйĕн мухтавлă страници

## (В. И. Ленинăн Тĕп музейĕн залĕсенче)

Çак кунсенче, совет халăхĕ партин II-мĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул çитнине палăртма хатĕрленнĕ вăхăтра, В. И. Ленинăн Тĕп музейне пырса куракансем уйрăмах нумай. Пĕр залран теприн зала кĕрсе, музей экспоначĕсене курса, çынсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн мухтавлă историйĕпе, совет халăхĕн пĕтĕм çĕнтерĕвĕсене хавхалантаракан тата организацилекенĕн историйĕпе паллашаççĕ.

Çав историн питĕ паллă тапхăрĕсенчен пĕри II-мĕш съезд пулса тăрать, кунта, оппортунизма хирĕç вăйлăн кĕрешсе, политикăлла ăс-хакăл юхăмĕ — большевизм йĕркеленсе кайнă, большевикла партин, ленинизм партийĕн кун-çулĕ пуçланнă. Çак съезд Российри рабочи юхăмĕнче кăна мар, пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмĕнче те питĕ пысăк историллĕ вырăн йышăнать.

В. И. Ленинăн Тĕп музейĕнче II-мĕш съезд çинчен калакан экспонатсене XX-мĕш ĕмĕрĕн малтанхи çулĕсенчи революциллĕ кĕрешĕве кăтартса паракан III-мĕш зала вырнаçтарнă.

В. И. Ленин çак съезда ирттерессишĕн, пролетариатăн революциллĕ çĕнĕ типлă партине туса хурассишĕн, нумай çулсем хушши кĕрешнĕ. Унсăрăн съезд та пулса иртеймен пулнă пулĕччĕ, большевизм та политикăлла юхăм пулса тăрайман пулĕччĕ.

Музей экспозицийĕ В. И. Ленинăн малтанхи вунă çул хушшинчи активлă революциллĕ ĕçне усăмлăн кăтартса парать. 1893 çулта çамрăк Ленин Петербурга пынă. Кунта вăл народничествăна хирĕç активлăн кĕрешет, унăн реакциллĕ пĕлтерĕшне тăрă шыв çине кăларать, революциллĕ марксизмăн идейисене пропагандăлать.

1895 çулта паллă событи пулса иртет: В. И. Ленин рабочисен марксистла мĕнпур кружокĕсенчен Петербургри пĕрлĕхлĕ «Союз борьбы за освобождение рабочего класса» ятлă организаци туса хурать. Çакă вăл рабочисен революциллĕ марксистла партине тума хатĕрленни пулнă.

В. И. Ленин ертсе пынипе «Союз борьбы за освобождение рабочего класса» Российра малтанхи хут социализма рабочи юхăмĕпе пĕрлештерме тытăнать. «Союз борьбы» организацине Ленин рабочисен юхăмĕ çине таянакан революциллĕ партин пирвайхи чăн-чăн пуçламăшĕ тесе шутланă.

Куракансем В. И. Ленинăн «Что такое «друзья народа» и как они воюют против социал-демократов?» ятлă кĕнекин экземплярне пысăк интереспа пăхаççĕ, ăна 1894 çулта гектографпа пичетлесе кăларнă. Ку кĕнекере В. И. Ленин народниксене вĕçне çитиех тăрă шыв çине кăларнă, вĕсем чăннипе халăха хирĕç пынине кăтартса панă. «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕнче» çапла каланă: Ленин хăйĕн «Что такое «друзья народа» кĕнекинче рабочисемпе хресченсен революциллĕ союзĕн идейине чи малтан кăларса тăратнă, вăл идея царизма, помещиксене, буржуазие сирпĕтсе антармалли тĕп средство пулса тăнă, рабочи класăн кĕрешÿ çулне кăтартса панă, унăн рольне—вăл обществăн малта пыракан революциллĕ вăйĕ пулса тăнине палăртнă, хресченсен рольне—вĕсем рабочи класăн союзникĕ пулмаллине палăртнă.

Ленин народничествăна идея тĕлĕшĕнчен «Развитие капитализма в России» ятлă кĕнекере аркатса тăкнă. Унăн пĕрремĕш хут кăларнă подлинникĕ-экземплярĕ музейра сыхланса усранать.

1897 çулта патша правительстви В. И. Ленина Çĕпĕре ссылкăна янă. Фотографи çинче Шушенское ялĕнчи Петрова пÿртне кăтартнă, кунта Владимир Ильич Çĕпĕрти ссылкăн юлашки икĕ çулне пурăнса ирттернĕ. Çав çулсем творчествăлла хастарлă ĕçсемпе палăрса тăраççĕ. Ссылка çулĕсенче Ленин вăтăр произведени ытла, вăл шутра «Развитие капитализма в России» ятлă пысăк кĕнеке çырнă. Ссылкăра Владимир Ильич пролетариатăн çĕнĕ типлă революциллĕ партине туса хурас тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ.

Çав тапхăрта И. В. Сталин Кавказ лешенче революциллĕ ĕçе активлăн туса пынă, вăл Тифлис организацийĕнчи социал-демократсен ертсе пыракан тĕп группине пуçарса пынă, «Месаме даси» организацинчи оппортунистла нумайрахăшне хирĕç кĕрешнĕ.

Музея пыракансем ленинла «Искра» хаçатăн номерĕсемпе питĕ интересленеççĕ. Акă, витринăри кантăк айĕнче «Искра» хаçатăн саралса кайнă пĕрремĕш номерĕ, ăна 1900 çулхи декабрьте кăларнă. Вăрттăн политикăлла хаçат кăлармалли плана тата унăн задачисене В. И. Ленин ссылкăра пулнă вăхăтрах пур енчен те тĕплĕн хатĕрлесе çитернĕ. Владимир Ильич: çакнашкал хаçат идея тĕлĕшĕнчи сапаланчăклăха тата организаци тĕлĕшĕнчи кустарничествăна çĕнтерме, пĕтĕм йышши оппортунистсене аркатса тăкма тата рабочи класăн марксистла пĕрлĕхлĕ партине туса хума питĕ кирлĕ, тесе шутланă.

Ленинла «Искра» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă хыççăн султалăк иртичченех И. В. Сталин пуçарнипе Кавказ лешенче Грузири социал-демократсен пирвайхи вăрттăн хаçачĕ «Брдзола» («Кĕрешÿ») ятлă хаçат тухма пуçланă, вăл пĕр пăркаланмасăр ленинла «Искра» идейисене пурнăçласа пынă. Музейра «Брдзола» хаçатăн малтанхи номерĕсен фотокопийĕсем пур.

Шурă мрамор хăми çине ылтăн саспаллисемпе Ленинăн «Что делать?» ятлă чаплă кĕнекин ятне çырса хунă. Витринăри кантăк айĕнчи хĕрлĕ бархат çинче—унăн пĕрремĕш хут (1902 ç.) кăларнă экземплярĕ. Хăма çине Ленинăн чаплă сăмахĕсене çырса хунă, вĕсем çав гениллĕ произведенин тĕп идейине кăтартса параççĕ.

«Революциллĕ теорисĕр революциллĕ юхăм та пулма пултараймасть (5 т., 341 стр.).

...**Малта пыракан борецăн рольне малта тăракан теори тăрăх ĕçлекен парти кăна пурнăçа кĕртме пултарать** (çавăнтах, 342 стр.).

...революционерсен организацине парăр пире, вара эпир Российăна çавăрса хурăпăр!» (çавăнтах, 435 стр.).

Çĕнĕ типлă парти туса хурасси çинчен, унăн идеологилле никĕсĕсем çинчен нумай çулсем хушши шухăшласа пурăннине Ленин хăйĕн чаплă ĕçĕнче пĕтĕçтерсе панă. Çак кĕнекере Ленин «экономистсен» оппортунистла шухăшĕсене хăватлăн аркатса тăкнă, «экономистсем» рабочисен юхăмĕ стихийăлла процесс пулать тесе сÿпĕлтетнĕ, рабочисен юхăмĕнчи ăс-тăнлăх рольне пĕчĕклетсе кăтартнă. Ленинăн çак ĕçĕнчи теорилле шухăшĕсем кайран пирĕн парти идеологийĕн никĕсĕ пулса тăнă.

Теорин çакнашкал пуянлăхĕпе усă курса, «Искра» хаçат «экономистсене» та та пур йышши оппортунистсене те хирĕç, парти тăвас ĕçĕн ленинла планĕшĕн, партин II-мĕш съезчĕшĕн анлă кĕрешÿ пуçарса янă. В. И. Ленин пуçарнипе тата вăл тÿрремĕнех хутшăннипе «Искра» хаçат редакцийĕ парти программин проектне тунă тата РСДРП-н II-мĕш съездне пухма хатĕрлесе çитернĕ.

Çапла ĕнтĕ, В. И. Ленин организацилле тата теорилле аслă ĕçсем туса ирттернине пула рабочисен централизациллĕ марксистла партине, çĕнĕ типлă партие тума çул уçса хатĕрленĕ.

Рабочисен революциллĕ юхăмĕ вăйланнăçемĕн вăйланса пынă. Çакă вăл царизмпа капитализма хирĕç кĕрешес ĕçре рабочи класăн политикăлла руководителĕ, унăн çулпуçĕ, организаторĕ тата хавхалантараканĕ пулма пултаракан пĕрлĕхлĕ партие пĕр тăхтаса тăмасăр туса хума хушнă.

РСДРП II-мĕш съезчĕ çавăн пек вăхăтра пухăннă.

...В. И. Ленин музейĕн III-мĕш залĕ. Кунта партин II-мĕш съезчĕ çинчен питĕ интереслă материалсем пухнă. Витринăри кантăк айĕнче Ленин алçырăвĕн фотокопийĕсем пур: РСДРП II-мĕш съездĕнчи ыйтусен списокĕ тата вĕсен йĕрки, парти Уставне сÿтсе явнă чухне В. И. Ленин иккĕмĕш хут тухса каланă сăмахăн текстĕ, II-мĕш съезд ларăвĕсен дневникĕ т. ыт. документсем те.

Алçырăвĕсенчи хуратса пынă вырăнсене, паллă тунисене, аялтан туртнисене пăхсан, ăшчикре вут-хĕм вĕресе тăнă сехетсенче Ленин çырнă строкасене тинкерсе пăхсан, çав историллĕ кунсен хĕрÿллĕ атмосферине усăмлăн туйса илме пуçлатăн. Хăйĕн пысăк мар ушкăнĕнчи ученикĕсемпе Владимир Ильич ун чухне оппортунизма хирĕç, чăн-чăн революциллĕ марксистла парти туса хурассишĕн татăклă кĕрешĕве хатĕрленнĕ.

Съезд 1903 çулхи июлĕн 30-мĕшĕнче вăрттăн пухăннă. Унăн ларăвĕсем малтан Брюссельре, унтан Лондонра пулса иртнĕ. 43 делегатăн 51 ĕçтăвакан сасă пулнă. Çав шутран Ленин майлисен, е çирĕп искровецсен, 24 сасă пулнă, 9 искровец Мартов хыççăн пынă. Делегатсен пĕр пайĕ, «Искра»-на хирĕç пыракансем (центристсем), иккĕленсе тăнă, çавăн пеккисен съездра 10 сасă пулнă, «Искра»-на хирĕç уççăнах пыракансен—«экономистсемпе» бундовецсен пĕрле 8 сасă пулнă. Съездри çакăн пек кăткăс условисенче, «Искра» çĕнтертĕр тесе, В. И. Ленинăн тата унăн майлисен пит те нумай вăй хума лекнĕ.

Съезда чăннипе В. И. Ленин ертсе пынă, вăл унта çĕр çирĕм хут ытла тухса каланă.

Съезд Ленинпа «Искра» туса хатĕрленĕ программăна йышăннă, унта пролетариат диктатури çинчен калани тĕп вырăн йышăнса тăнă. Ленин тата ун майлисем рабочи партийĕн революциллĕ программине, оппортунистсене хирĕç хытă кĕрешсе, сыхласа хăварнă.

Программăна йышăннă хыççăн, съезд парти Уставĕн проектне сÿтсе явма тытăннă. Ку ыйтупа вара съездра пит те вăйлă тавлашу тухса кайнă. Пуриччен ытла вăйлă харкашусем Уставăн пĕрремĕш параграфĕн формулировки пирки—парти членĕнче кам тăма пултарни çинчен калакан параграф пирки сарăлса кайнă. Устав çинчен В. И. Ленин доклад туса парса, пĕрремĕш пункта çакăн пек формулировка панă:

«**Парти программине** йышăнакан, партие материальнăй пулăшу парса пыракан тата унăн организацийĕсенчен пĕринче тăракан кашни çын Российри социал-демократла рабочи партийĕн членĕ пулма пултарать» (В. И. Ленин. Соч., 7 т., 12 стр.).

Ленин формулировкин тĕллевĕ: партин пролетарилле характерĕ çирĕп пулмалла, унăн речĕсенче хурçă пек çирĕп дисциплина пулмалла, унăн рабочи класри авангардлă рольне тĕреклетмелле, партие çирĕп мар, пролетарилле мар элементсене кĕме чармалла.

Мартов тепĕр формулировка сĕннĕ, вăл шанчăклă мар элементсемшĕн парти алăкĕсене сарлакан уçса панă. Çак формулировка тĕрлĕ çынсенчен тăракан тытăмсăр-семçешке, çирĕп дисциплинăсăр парти тăвассине шута илнĕ. Çакнашкал парти рабочи класăн политикăлла кĕрешĕвне ертсе пырайман пулĕччĕ.

Парти Уставĕн пĕрремĕш параграфĕ пирки прениссем пынă вăхăтра Ленин, хăйĕн шухăшĕсене палăртса, паллăсем тунă. Çав паллăсен фотокопийĕ музей витрининче пур. Курма пыракансем унпа питĕ интересленеççĕ. Акă, сарса хунă хут листи. Владимир Ильич унăн сылтăм енне Мартов каланисене, сулахай енне ăна хирĕç каламалли шухăшсене çырса пынă. Çав шухăшсенче Ленинăн хĕрÿллĕ хăвачĕ, вĕресе тăракан кĕрешĕвĕпе çивĕч тимлĕхĕ, питĕ хăватлă ăсĕ палăрса тăраççĕ. Акă, Ленин Мартов сăмахĕсене çырса хурать:

«Эпĕ пурне те парти членĕ туса хума хапăл тăватăп.

Кирлех пулсан, çапла».

Владимир Ильич çав сăмахсене аялтан туртать, сулахай енче пысăк саспаллисемпе «снен» сăмах çырать, ăна листри Мартов сăмахĕсене çырса хунă сылтăм енĕпе хулăм йĕрпе пĕрлештерет. Çакăн пек кĕскен çырса хуни икĕ формулировкăн хире-хирĕçле тĕп уйрăмлăхĕсене тепĕр вăрăм статьясемпе брошюрăсенчен те витĕмлĕрех кăтартса парать.

Владимир Ильич: хăйсене парти членĕ тесе калама пултаракансен ушкăнне ансăрлатмалла, унта революци ĕçне чăнахах та парăннă, партире ĕçлекен çынсем кăна пулмалла, тесе шутланă. Каярахпа В. И. Ленин «Рассказ о II съезде РСДРП» ятлă ĕçре акă мĕнле çырнă: «Эпир çапла ĕнентертĕмĕр: ĕçлекенсене сÿпĕлтетекенсенчен уйăрма парти членĕ пирки ăнланăва **ансăрлатма** кирлĕ, терĕмĕр...» (7 т., 12 стр.).

Çирĕп мар, пролетарилле мар элементсемшĕн парти алăкĕсене сарлакан уçса парас тесе Мартов каланине хирĕç ответлесе, Ленин çапла çырса хурать:

«Сÿпĕлтетекенсене ĕçлекенсенчен уйăрмалла: **пĕр сÿпĕлтетекен çынна парти членĕ тесе каличчен партире ĕçлекен 10 çынна парти членĕ тесе каламании лайăхрах»**

Унтан вара:

«Тепĕр хут калатăп: ЦК вăйĕ тата влаçĕ, партин тĕреклĕхĕ тата тасалăхĕ—акă мĕнре ĕçĕн тупсăмĕ».

Парти Уставне сÿтсе явнă чухне каланă иккĕмĕш сăмахра (ăна çырса пынин фотокопийĕ музейра пур) В. И. Ленин парти çинчен, парти членĕн ячĕ çинчен питĕ чаплă положени кăларса тăратнă, пирĕн парти ăна яланах асра тытнă, халĕ те асра тытса ĕçлет.

«Пирĕн задача, — тесе каланă В. И. Ленин,—пирĕн партин çирĕплĕхне, чăтăмлăхне, тасалăхне сыхласа тăрасси пулать. Эпир парти членĕн ятне тата пĕлтерĕшне çÿлерех, çÿлерех тата çÿлерех çĕклессишĕн тăрăшма тивĕç...» (6 т., 459 стр.).

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă Устав партин пĕрлĕхне малалла çирĕплетет, унăн речĕсене таса тытма май парать.

«Мĕн тери ырă япала вăл пирĕн съезд!—тесе çырнă В. И. Ленин II-мĕш съезд çинчен хăйĕн «Шаг вперед, два шага назад» ятлă ĕçĕнче.—...Уçă та ирĕклĕ кĕрешÿ. Шухăшсене каласа панă. Уйрăмлăхсем паллă пулса тăчĕç. Алăсене çĕкленĕ. Решени йышăннă. Тапхăра иртсе кайнă. Малалла!» (7 т., 320 стр.).

Гениллĕ Ленин 50 çул каялла туса хунă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ питĕ хăватлă вăй пулса тăчĕ. Ленин тата унăн ĕçне малалла туса пынă аслă Сталин, вĕсен соратникĕсем ертсе пынипе пирĕн парти кĕрешÿсенче пиçĕхсе çирĕпленчĕ.

Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче пирĕн парти 50 çул хушшинче кĕрешÿпе çĕнтерÿсен аслă çулне утса тухрĕ. Вăл ертсе пынипе пирĕн çĕршыври ĕççыннисем социализм туса çитерчĕç, социализмран май йĕпен коммунизма ăнăçлă куçса пыраççĕ.

**Н. ВЛАДИМИРОВ.**

---

## Хулари докладчиксен канашлăвĕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнă май хулари парти активĕн пухăвне, предприятисемпе учрежденисенче парторганизацисен усă пухăвĕсене ирттерме палăртнă. Партин хула комитечĕ йышăннă тăрăх, çавăн пекех учрежденисемпе организацисенче тата промышленность предприятийĕсемпе артельсенче, агитпунктсенче КПСС 50 çул тултарни çинчен лекцисемпе докладсем тата калаçусем пулса иртмелле.

КПСС хула комитечĕ июлĕн 27-мĕшĕнче докладчиксен канашлăвне ирттерчĕ.




Ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсем, Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх управленийĕ тăратнă тăрăх, çул-йĕр строительстви планне срокчен тултарнăшăн республикăри Хисеп хăми çине çак колхозсене кĕртнĕ:

**СĔНТĔРВĂРРИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

11. «Верный путь» колхоз (председателĕ М. Михайлов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Сальниковский юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ Я. Андреев юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

12. «Дружба» колхоз (председателĕ А. Семенов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Ф. Александров юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ И. Иванов юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

13. Маликин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Л. Петров юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ Р. Михайлов юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

**ШУПАШКАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

14. Кадыков ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. Ермолаев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ А. Егорова юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ И. Малинов юлташ). Колхоз чул сарса çул тумалли плана 104,6 процент, çĕр чавса купаламалли плана 313 процент, материалсем турттармалли плана 138 процент тултарнă.

15. «Правда» колхоз (председателĕ Н. Кириллов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ П. Алексеев юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ Е. Михайлов юлташ). Колхоз çĕр чавса купаламалли плана 100 процент, материалсем турттармалли плана 101 процент, кĕпер тумалли плана 118 процент тултарнă.

16. Щербаков ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. Васильев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ К. Александров юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ А. Афанасьев юлташ). Колхоз çĕр чавса купаламалли тата материалсем турттармалли плана срокчен тултарнă.

17. «Красное знамя» колхоз (председателĕ Е. Сорокин юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Г. Степанов юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ П. Данилов юлташ). Колхоз чул сарса çул тумалли плана 102 процент, çĕр чавса купаламалли плана 108 процент, материалсем турттармалли плана 100 процент тултарнă.

18. Чкалов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Г. Свинцов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Никифоров юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ В. Осипова юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

19. Сталин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Г. Павлов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Е. Димитриев юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ И. Моисеев юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

20. «Красный флот» колхоз председателĕ П. Григорьев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Гаврилов юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ И. Парамонов юлташ). Колхоз çĕр чавса купаламалли плана 100 процент, материалсем турттармалли плана 110 процент тултарнă.

**ЧКАЛОВСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

21. «Герой» колхоз (председателĕ Ш. Ираханов юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ Халитов юлташ). Колхоз çĕр чавса купаламалли плана 131 процент, материалсем турттармалли тата кĕпер тумалли плана 100 процент тултарнă.

22. «Дружба» колхоз (председателĕ Сафин юлташ). Колхоз материалсем турттармалли плана 100 процент, çĕр чавса купаламалли плана 150 процент, чул сарнă çулсене тĕпрен юсамалли плана 200 процент тултарнă.

## Чугун çул çинче ĕçлекенсен канăвĕ

Хусан чугун çулĕн Улатăрти уйрăмĕнче ĕçлекенсем çулсеренех курортсемпе санаторисенче тата кану çуртĕсенче пулаççĕ. Кăçал пилĕк уйăх хушшинче кăна 200 рабочи курортсемпе кану çурчĕсенче хăйсен сывлăхне çирĕплетнĕ. Акă, Маркин рабочи — Сочире, Герасимов обходчик — Хусанти санаторинче, Матвеев рабочи Хура тинĕс хĕрринчи Маколсински кану çуртĕнче пулнă.

Чугун çул çинче ĕçлекенсен ачисем те çуллахи каникул вăхăтне лайăх ирттереççĕ. Кăçал пионер лагерĕсенче 155 ача пулнă. Çак кунсенче тата 155 ача лагере тухса кайрĕ. Çуллахи вăхăтра пĕтĕмпе 450 ача пионер лагерĕсенче пулать.

З. ШАЛАЕВА.

## Кĕнеке — пурнăçри çывăх тус

КОМСОМОЛЬСКИ. Аллăвĕсене ярмех уçса пăрахнă шкапсем умĕнче тăракан клуб заведующийĕ Николай Кудрявцев халь çеç район центрĕнчен илсе килнĕ çĕнĕ кĕнекесене майлаштарса тăратчĕ.

Клуба Мичурин ячĕпе тăракан колхозри ватă тимĕрçĕ Степан Иванович Малышкин килсе кĕчĕ. Вăл умне кăвар лекнĕрен икĕ-виçĕ çĕртен шăтнă саппун çакнă, урисене резина калуш тăхăннă.

— Çĕнĕ кĕнекесем илсе килнине пĕлтĕм те, ĕçе пăрахсах килтĕм-ха, — терĕ вăл Кудрявцев еннелле утса.

Клуб заведующийĕ Малышкин юлташа хавасланса йышăнчĕ.

— Килех, килех, — терĕ вăл ăна хирĕç утса. — Икçĕр тенкĕлĕх кĕнеке илсе килтĕм. Лар-ха, кашни кĕнекинех пăхса тухар, кăмăлна каяççĕ-и? Тен, урăхларах кĕнекесем илсе килмеллеччĕ?

Старик хавасланса килĕшрĕ, кашни кĕнекенех тĕплĕн, малтан хуплашкине, кам çырнине уçа-уçа пăхма тытăнчĕ. Мĕнле кăна кĕнеке вуласа тухман пуль вăл. Иртнĕ саманара азбукăна аран-аран пĕлнĕ 70 çулхи старик хальхи вăхăтра паллă совет писателĕсен нумай кĕнекисене вуласа тухнă. Уйрăмах вăл А. Толстой, А. Фадеев, М. Шолохов кĕнекисене юратать. Новиков-Прибой кĕнекисемшĕн пулсан вара, чунне пама хатĕр. Салтак службине патша вăхăтĕнче иртгернĕскер, вăл 1905 çулхи ĕçсене питех те аван пĕлет, вырăс салтакĕсемпе матросĕсем японецсемпе мĕнле кĕрешнине лайăх астăвать. Мĕншĕн тесен вăл хăй унта пулнă, патшан айванла йĕркисене пурнăçлама тăрăшнă тăрлавсăр адмиралсемпе генералсен ĕçĕсене курса чĕрине ыраттарнă. Вĕсене пула вырăс флочĕ пĕтнине хăйĕн куçĕпе хăй курнă.

Малышкин юлташ хăй вуланипе çеç çырлахмасть, вăл ватă колхозниксемпе пĕрле пухăнса мĕн вулани çинчен каласа пама та юратать. Вăл вуласа тухнă кĕнекене вулас текенсен шучĕ сасартăк ÿссе кайнинчен Кудрявцев юлташ пĕрре те тĕлĕнмест. Нумаях пулмасть, акă, Малышкин юлташ Ухсай Яккăвĕ çырнă «Çул» романа вуласа тухрĕ. Кун хыççăн тепĕр икĕ кунтанах Кудрявцев патне темиçе колхозник çак кĕнекешĕн чупса пычĕç. Кĕнеке çитмерĕ, вара магазина кайса илмелле пулчĕ. «Йăмраллă ял», «От всего сердца», «Чайка» тата ытти кĕнекесемпе те çавăн пекех пулнăччĕ.

Малышкин юлташ кĕнекесене библиотекăран çеç мар, магазинтан та илет, унăн хăйĕн библиотеки те пур.

— Кĕнекесĕр пурнăç — пурнăç мар, — теме юратать Малышкин юлташ, — пурнăçран юлнă пекех туйăнать. Пурнăçран юласси вара пирĕн ĕç мар, ватă пулсан та çирĕппĕн утас килет.

Н. ИВАСОВ,
Л. ТАЛЛЕРОВ.

## В. Г. Короленко писателе асăнса

Вырăссен паллă писателĕ тата общественлă деятелĕ В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнине паллă туса, республикăри М. Горький ячĕпе тăракан библиотекăра кĕнекесен выставки тунă. Унта писателĕн тĕрлĕ çулсенче вырăсла тата чăвашла пичетленсе тухнă произведенийĕсене курма пулать.

Выставкăра çавăн пекех писатель творчестви çинчен В. И. Ленин каланисем тата критикăлла ытти статьясем пур.

Н. ИЛЬИН.

## Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе вăйлатмалла

Чăваш республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсем, Мордва тата Мари АССР-ĕсенчи ĕççыннисемпе социализмла ăмăртăва тухса, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлеме государство панă 1953 çулхи плана ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма обязательство илчĕç.

Хăйсен обязательствисене ăнăçлăн пурнăçласа, пирĕн республикăри колхозсем аш-какай хатĕрлемелли çур çулхи плана пĕр уйăх малтан тултарчĕç. Чылай колхозсем, кăçалхи плана срокчен тултарса, 1954 çулхи план шучĕпе аш-какай нумай пачĕç. Республикăри колхозсем государствăна сысна ашĕ памалли тăхăр уйăхри плана 111 процент, Елчĕк, Шăхасан, Тăвай тата Чкаловски районĕсенчи ялхуçалăх артелĕсем вара çулталăкри плана тултарчĕç.

Государствăна сĕт-çу памалли çур çулхи плана республикăри совхозсем 113 процент, хушма хуçалăхсем 123 процент, уйрăм хуçалăхсем 106 процент тултарнă. Республикăри колхозсемпе колхозниксем государствăна çăмарта тата çăм памалли çур çулхи плана тултарнă.

Чылай колхозсемпе колхозниксем государство умĕнчи хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçласа, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем 1954 çулхи план шучĕпе параççĕ. Сăмахран, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли кăçалхи плана республикăра чи малтан тултарчĕ, 1954 çулшăн 150 пăт ытла аш-какай, 6.800 литр сĕт тата 2.600 штук çăмарта пачĕ. Чкаловски районĕнчи Киров ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ 1954 çулхи план шучĕпе 48 пăт аш-какай, 4.170 литр сĕт тата 650 штук çăмарта панă. Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхоз та выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли çулталăкри плана ытлашшипех тултарчĕ. Красноармейски районĕнчи колхозниксем çăмарта хатĕрлемелли çулталăкри плана 120 процент тултарчĕç.

Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшик ял Советĕнчи колхозник хуçалăхĕсем, Çĕрпÿ районĕнчи «Красный этновец» тата Чурачăк районĕнчи «Слава» колхоз членĕсем сĕт-çу парса татрĕç, халĕ çитес çулхи план шучĕпе государствăна сĕт параççĕ. Республикăри колхозсемпе колхозниксем кăçал ултă уйăх хушшинче, пĕлтĕрхи çав вăхăтпа танлаштарсан, государствăна 5.500 пăт аш-какай, 4 миллион та 255 пин литр сĕт, 2 миллион та 640 пин штук çăмарта тата 810 пăт çăм ытларах панă.

Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, республикăри чылай районсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç ытла та япăх пырать. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе Куславкка, Вăрмар, Шăмăршă, Кувакино, Сĕнтĕрвăрри, Пăрачкав, Шупашкар, Сĕмĕрле районĕсенчи колхозсем уйрăмах кая юлса пыраççĕ. Ку районсенче уйрăмах сĕт, çăмарта тата çăм хатĕрлес ĕç япăх пырать. Сăмахран, Куславкка районĕнчи колхозсем аш-какай хатĕрлемелли çулталăкри плана 19 процент, сĕт-çу хатĕрлемелли плана 13 процент, çăмарта хатĕрлемелли плана 23 процент, çăм хатĕрлемелли плана 21 процент кăна тултарнă. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи колхозсем государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли кăçалхи плана иртнĕ ултă уйăхра аш-какай енĕпе 40 процент, сĕт-çу енĕпе 24 процент, çăмарта енĕпе 29 процент, çăм енĕпе 25 процент кăна тултарнă.

Чылай районсенчи колхозник хуçалăхĕсем хăйсен обязательствисене срокра пурнăçламаççĕ, нумай хуçалăхсем вара государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем пама пачах тытăнман. Сĕнтĕр районĕнчи хуçалăхсенчен 70 проценчĕ малтанхи çур çулшăн государствăна аш-какай, 50 проценчĕ — сĕт-çу, 34 проценчĕ — çăмарта парса татман. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи уйрăм хуçалăхсенчен 50 проценчĕ государствăна аш-какай пĕр килограмм та паман, 30 проценчĕ сĕт-çу пама, 20 проценчĕ çăмарта пама тытăнман.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе «Маслопром» тресчĕн тата Чăвашпотребсоюзăн хатĕрлев организацийĕсем япăх ĕçлеççĕ. Сĕт-çу хатĕрлес тĕлĕшпе çак кунсенче хĕрсе ĕçлемелле, анчах та хатĕрлев пункчĕсем нумай ялсенче халĕ те ĕçлеме тытăнман-ха.

Сĕнтĕр районĕнчи Апчар тата Шашкар, Кувакино районĕнчи Рындино тата Миренки ял Совечĕсенче илсе пыракансенчен хăймине уйăрман сĕте йышăнмасăр тăраççĕ. Шăхасан районĕнчи сĕт-çу пухакансенчен 78 проценчĕ кăçалхи пĕрремĕш çур çулта сĕт пĕр литр та хатĕрлемен. Вăрмар районĕнчи Кĕтеснер, Шăхаль тата Кĕлкеш ял Совечĕсенчи сĕт-çу пухакансем çак çулхи июлĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа сĕт хатĕрлеме пăрахнă.

Потребкооперацин хатĕрлев пункчĕсем çăмарта пухас тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ. Кувакино районĕнче килĕрен-киле çÿресе çăмарта пухакан 28 çынтан 15 çын кăна ĕçлет, вĕсем те хăйсен ĕçне кирлĕ пек туса пымаççĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕнче килĕрен киле çÿресе çăмарта пухас енĕпе ĕçлекен кадрсем нимĕн те тумаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе «Заготскот» тата «Заготживсырье» кантурĕсем те япăх ĕçлеççĕ. «Заготскотăн» кантурĕсемпе пункчĕсем республикăра 30, вĕсенчен аш-какай хатĕрлемелли çур çулхи плана пиллĕкĕшĕ кăна тултарнă. «Заготживсырье» кантурĕсем тир тата ытти чĕртавар хатĕрлемелли çур çулхи плана тултарман.

Республикăри районсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç юлса пыни, парти организацийĕсен тата совет органĕсен руководителĕсем ку тĕлĕшпе начар ĕçлениннчен, çак ĕçе кирлĕ пек ертсе пыманнинчен килет. КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç çине тимлĕн пăхмалла. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана кашни колхозăн, совхозăн, хушма хуçалăхăн тата кашни уйрăм хуçалăхăн срокра тултарса пымалла.

Нумай колхозсем выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн тăрăшмаççĕ, государствăна памалли выльăха самăртмаççĕ. Хăшпĕр колхозсенче, хатĕрлев планне тултарман пулин те, продуктсене аяккалла салатса пĕтереççĕ. Вăрмар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз çак çулхи июлĕн 11-мĕшĕнче 184 чăхран 10 çăмарта кăна илнĕ, 16 ĕнерен мĕн пурĕ те 50 литр çеç сĕт суса илнĕ. Колхозра сăвакан ĕнесене хушса тăрантарас ĕçе организацилемен, чăхсене сĕрулмипа кăна тăрантараççĕ, концентратлă апатсем памаççĕ. Çак районти «Броневик» колхозра та выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕкнĕ.

Халĕ колхозсем выльăхсене кĕтÿре çÿретеççĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли чи лайăх тапхăр. Кашни колхозра кĕтÿ çÿретмелли вырăнсемпе тĕрĕс усă курмалла, ĕнесене ешĕл апат çулса парса хушса тăрантармалла, талăкра виçĕ хутран кая мар сумалла, государствăна памалли выльăха кĕтÿре çÿретсе самăртмалла.

Колхоз правленийĕсен тата ферма работникĕсен сыснасене хупса самăртасс ĕç çине тимлĕ пăхас пулать. Çапла туни государствăна сысна ашĕ ытларах пама, фермăра ĕне выльăх тата сурăх йышне ÿстерсе хăварма май парать. Çак питĕ кирлĕ ĕçре колхозсене районсенчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсенче, зооветучастоксемпе пунктсенче ĕçлекен специалистсем пысăк пулăшу пама тивĕç. Çакăнпа пĕрлех, колхозсенче выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн тата государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана срокра тултарассишĕн специалистсен рольне ÿстермелле. Уйрăм хуçалăхсем хушшинче государствăн хатĕрлев дисциплинине çирĕплетмелле. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли плана срокра тата кашни хуçалăх тăрăх тултарассишĕн хатĕрлев органĕсенче ĕçлекен работниксен ответлăхне ÿстермелле.

Республикăри «Маслопром» тресчĕн «Заготскот», «Заготживсырье» кантурĕсен тата Чăвашпотребсоюзăн руководителĕсен хатĕрлев органĕсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла. Сĕт-çу завочĕсенче тата сепаратор пункчĕсенче сĕт тата çу йышăнса илессине, савнашкалах сĕт тата çăмарта пухакан работниксен ĕçне кирлĕ пек организацилемелле. Сĕт тата çăмарта хатĕрлессине пуринчен ытла уйрăм хуçалăхсем хушшинче вăйлатмалла.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен тата ял Совечĕсен государство умĕнчи обязательствăсене хуçалăхсем мĕнле пурнăçласа пынине тăтăш контроллесе тăмалла, хатĕрлев работникĕсен ĕçĕнчи ситменлĕхсене тата колхозсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене аяккалла салатассине пĕтерме çийĕнчех мерăсем йышăнмалла.

Государство умĕнчи обязательствăсене чыслăн пурнăçлама кирлĕ çинчен колхозниксене тата ытти мĕнпур ĕççыннисене тĕплĕн ăнлантарса памалла. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн, государство умĕнчи обязательствăсене срокра пурнăçлассишĕн колхоз председателĕсен ответлăхне ÿстермелле. Партипе правительство социализмла ялхуçалăхне хăватлăн аталантарассишĕн, колхозниксемпе колхозницăсен, мĕнпур ĕççынисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Кашни ĕççынни государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăна пурнăçлас ĕçе хăйĕн пирвайхи тивĕçĕ вырăнне хутăр.

Парти организацийĕсен, совет тата ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлеме государство панă плана кашни колхоз, совхоз, кашни хуçалăх тăрăх, кашни уйăхра тата кварталта ăнăçлă тултарса пымалла тăвас пулать.

Г. ФЕДОТОВ,
Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕн заместителĕ.

# Çутă пурнăç

## (Почтальон каласа пани)

Хĕвеллĕ ир-и, лăпсăртатса çумăр çунă чухне-и е çил-тăман витĕр-и, — эсир ялсенех «За коммунизм» колхозра хулпуççи урлă сумка çакнă почтальон çÿренине куратăр. Унăн касса тикĕслĕнĕ, кăвакарма пуçланă сухалĕ вăл утмăлалла çывхарнине, пурнăç çулĕ тăрăх вăл чылай утнине аса илтерет.

Унпа пирĕн районти почта уйрăмĕн çурчĕ умĕнче калаçса ларма тĕл килчĕ. Иртерех килнĕ пулнă иккен те, почта çитессе кĕтсе ларать.

Константин Никитич Никитин çапла каласа парать:

— Эпĕ сывăхрисемех. Советскипе юнашарти Моляк ялĕсем. Шăмат тавраш енче çуралса ÿснĕ. Ĕлĕкхи Шăмат ялне астăвас çук-ха эсир. Вулăс центрĕ пулнă вăл. Анчах нимех те пулман унта. Мĕн тени те — пĕр шкул, больница, почта агентстви тата тепĕр телефон кăна.

Константин Никитич, кĕсйинчен табак хутаççи кăларса; пирус чĕркеме тытăнчĕ.

— Туртăр, аванскер. Хам лартса туйăскер, — сĕнчĕ вăл.

Вăл пирусне чĕртсе ячĕ те, тем шухăша кайнă пек, пĕр вăхăт шарламасăр ларчĕ. Унтан:

— Çапла çав, пурнăç нумай улшăнса çĕнелчĕ, — терĕ вăл. — Хам астунă чухнехи Шăмат ялне илсен, кĕнеке вуланине туйăнать. Шăмат халĕ — Советски, район центрĕ, культурăллă та илемлĕ ял.

Константин Никитич почта патĕнчен иртекен тип-тикĕс шоссе çулĕ çине хăвăрт пăхса илчĕ.

— Акă, ситрĕ те! — терĕ вăл хавассăн, анатран, Шупашкар енчен çисса килекен почта машинине асăрхасан, — Яланах çак вăхăтра çитсе тăрать.

Шоссе çулĕнчен пăрăнса, автомашина почтăн кăçал кăна туса пĕтернĕ çĕнĕ çурчĕ умне пырса чарăнчĕ.

— Мĕн калас тенинчен пăрăнарах кайрăм-ха. Хамăн ĕç çинчен каласа памалла тетĕр-и çак? Мĕнех каламалли пултăр. Куллен çакăн пек. Иртнĕ вăрçă чарăнчăран варах почтальонра эпĕ. Малтан хамăр Моляк ялĕнче ĕçлерĕм. Халĕ акă, колхозсем пĕрлешрĕç те, икĕ ялта ĕçлетĕп. Пирĕн колхозра тавата ял. Тепĕр икĕ ялĕнче урăххи çÿрет. Манăн — Советскипе Моляк ялĕсем. Пурĕ — 114 кил. Вĕсем 162 экземпляр хаçат-журнал çырăнса илеççĕ.

— Подписчиксем мĕнле пухатăн тетĕр-и? Ку самай тĕп ыйту вара. Сумкăна тултарнă хаçатсене валеçсе пама, пĕр те сен, нимех те мар-ха. Вĕсен вулакан ĕсене тупас тесен, чăн та, чылай сăмах ваклама, шухăшлама тивет. Анчах кашни ĕçĕн хăйĕн майĕ пур. Малтан çавна пĕлес пулать, вара ĕç те самаях кайма пуçлать.

Эпĕ кам мĕнле хаçат-журнал çырăнса илме кăмăл тунине тата хăшне мĕнле хаçат кирлĕреххине пĕлме тăрăшатăп. Калăпăр, ман пек сухаллине «Çамрăк коммунист» хаçат сĕнме çук, ăна «Коммунизм ялавĕ» памалла. Трактористăн пулсан «Учительская газета» питех мар. Ăна çырăнса илекенĕ урăххи пур. Агрономне «Сельское хозяйство» хаçат е т... çавăн пек журнал кирлĕ. Малтанах каласа хураççĕ вара вĕсем:

— Эсĕ, Константин Никитич, хаçатсăр ан хăвар-ха пире, — теççĕ.

Хамах пĕлетĕп-ха ăна, асăрхасах пыратăп. Сынна пĕрре кăмăлсăр хăварсан, унпа тепре калаçма илемлĕ мар вара. Активистсене те хаçатсăр хăварас килмест. Вĕсен халăх хушшинче ĕçлемеллерĕ. Вĕсем пирки колхозри парторганизаци секретарĕпе калаçатăп. Пĕлтĕр пулĕ-ха эсир ăна, Владимир Евграфович Некрасова.

— Кăна эсир, Константин Никитич, чăн та тĕрĕс каларăр, — тет вара вăл. Хăшне «Правда» хаçат, теприсене «Коммунизм ялавĕ», «Агитатор блокночĕ» çырăнтарма кăтартса парать.

— Парторгпа калаçрăм, тетĕп вара хайхисене хăюллăнах. Хаçат-журнал сире çăнăрпа сывлăш пекех кирлĕ, тетĕп.

Комсоргсемпе те çавăн пек калаçатăп. Активпа пĕр чĕлхе тупни усăллă вара, чăн та.

Хамăр ялти Марк Егоровичах илер акă. Вăл арман мельникĕнче пурăнать. Ытти çĕре тухса çÿреймест.

— Марк Егорович, — тетĕп ăна, — хаçат çырăнса илетĕр пулĕ. Унсăрăн мĕнле вара арманта?

— Килте радио та пур та, эсир калашле, хаçачĕ те кирлех пулĕ, — тет.

Хăй ватăрах вăл. Халĕ хăнăхса ситрĕ хаçат вулама. Çулсеренех «Коммунизм ялавĕ» тата районти «Совет ялавĕ» хаçатсене çырăнса тăрать. Вăл кăна мар-ха ун пеккисем. Никита Константинович та хаçатсем илсе пыраса хытă кĕтет. Ватăрах майĕпе, хăй витĕрех кураймасть, ывăлĕн ачисене вулаттарать.

Пур йышши подписчиксем те пур мана — ватти, яшши, нумайрах тата чухрах вĕренни те. Хаçат-журнал çырăнмасăр юлмаççĕ вĕсем. Çĕнĕ подписчиксем те хушăсах пыратăп. Анчах тепĕр чухне тĕрĕс-тĕкел ĕçлес тенĕ сĕртех пăтăрмах та пулать.

Калăпăр, хаçат-журнала тĕрлĕрен срокласа çырăнса илеççĕ. Килĕшес пулать, — вăхăт ситсен тăсаççĕ срокне. Пăсăр калашле, тăхтаса тăрас пулмасть. Пĕррехине çапла пулчĕ-тăчĕ. Хам та асăрхаман, шелмăскер. Сысна фермине ĕçлекен Клавдия Платоновăн подписка срокĕ тухнă кайнă.

— Хам та асăрхаман, эсир те систермен — хаçатсăрах тăрса юлтăм ку уйăхра, — тет хайхискер.

Малашне ĕçлăрах пулăп, терĕм. Халĕ вара подписка срокĕ çинчен пĕлтерсех тăратăп. Ăна çырса пыма ятарласа журнал турăм. Хаçатсем валеснĕ чухне кашнин патĕнчех журнал çине пăхса илетĕп. Подписка вăхăчĕ çинчен каласа хăваратăп. Сăмахпа каланине аса илсех тăраймĕç тесе, срокĕ сывхара пуçласан, хутпа çырса та пĕлтеретĕп.

Почта машини, хăвăртах тапранса, Етĕрне еннелле вĕçтерчĕ.

— Час-и унта? — ыйтрĕ Константин Никитич, почта машинине йăсатма тухнă сотрудникрен.

— Халех, халех! — терĕ те лешĕ, васкаса чупса кĕчĕ.

— Акă, почтине ялăн-ялăн уйăраççĕ те, кĕçех валеçме каятпăр. Кăнтăр иртсен илсе те вулаççĕ. «Паян кăна тухнă-çке хаçачĕсем. Мĕнле часах?» — ыйтаççĕ теприсем. Вĕççе килчĕç, тетĕп, — каласа парать Константин Никитич. — Чăн та, вăснĕ пекех çÿрет халĕ почта. Ĕлĕк пур, Хусанпа Горькирен те ик-виç эрне килетчĕ. Халĕ Шупашкар хаçачĕсене çав кунах, Мускаврисене тепĕр кунне илсе вулатпăр. Хамăр патах автомашинăпа илсе параççĕ вĕсене.

Халĕ ĕçленĕçемĕн ĕçлес килет. Кунĕпе çÿретĕп, çапах ывăнна пĕлместĕп.

— Килте пур-и?

— Пур-çке, — тет Иван Никифорович. — Çаках-çке, çитрĕ те ĕнтĕ!

Вăл — хамăр колхозри вăтам шкул учителĕ. Пăхатăп та, сĕтел çинче эпĕ ĕнер парса хăварнă хаçатсем тирпейлĕ выртаççĕ. Çĕннисене парса хăваратăп. Унпа кÿршĕллĕ Никифор Селивестрович патне çитетĕп. Ку та учитель. Биологи вĕрентет. Мичуринец вăл. Пахчине кĕрсен, тухас килмест — тем тĕрлĕ йывăç-çимĕç ÿстерет. Çак ĕçпе тĕрлĕрен хаçат-журнал, кĕнеке илсе тăрать. Çак урамрах Михаил Ефимовичпа Иван Семенович пурăнаççĕ. Пĕри — ветеринари фельдшерĕ, тепри — çул-йĕр техникĕ. Вĕсене те хаçатсем парса хăваратăп. Тепĕр урама тухсан, Василий Святогоров тракторист, Гурий Державин бригадир, Михаил Тихонов шофер патне пыратăп. Кашни ялтах çавăн пек. Вулачăр, йĕс-тăн пухчăр, тетĕп. Хам куç умĕнче çитĕнсе çын пулнăскерсем вĕсем!

Теприсем тата:

— Константин Никитич, паян мĕнле çĕнĕ хыпарсем пур хаçатра? — теççĕ.

Кун пек ыйтусене ответлеме малтанах хатĕрленес пулать. Çавăнпа та валеçме тытăниччен яланах хаçатсене хам тишкерсе тухатăп.

Ку пĕлтĕр пулчĕ-ха. Тек аса илетĕп ăна. Авăн сапатчĕç ун чухне колхозниксем. Хамăр ялти бригада итемĕ çине ситсе кăна тăрсаттăм, — колхозниксем сырса та илчĕç. Канма ларма хатĕрленнĕ мăн хăйсем.

— Мĕнле çĕнĕ хыпарпа? — теççĕ.

— Паянхи пек хыпар халиччен пулман-ха, — тетĕп. Эпĕ савăннине кура, колхозниксен пичĕсем суталса илчĕç.

— Хăвăртрах вуласа парăр эппин! — васкатаççĕ вĕсем.

Хаçатсене сумкăран юриех мăнаçлăн кăларатăп. Пысăк хыпарпа-çке эпĕ паян. Партин XIX-мĕш съезчĕ Шупашкар гидростанцине тума йышăнни çинчен вуласа паратăп. Савăнса ÿкнĕ енне, колхозсем ним калама аптраса тăраççĕ. Хам тата малалла вулатăп.

— Чăн та, сутă сарса çÿретĕр эсир, Константин Никитич. Мĕн тĕрлĕ савăнăçсем илсе килместĕр пулĕ, — тет пĕр колхозница.

— Уншăн мана мар, партипе правительствăна тав тăвăр. Вĕсен ирĕкĕпе пирĕн пурнăç çавăн пек çуталса, юсанса пырать. Шупашкар гидростанцине тусан, пурнăç тата та сутăрах пулĕ, — тетĕп.

— Унăн хаçатсем çÿретмелле. Пирĕн хамăрăн та икĕ алла пĕр ĕç — тыррине хăвăртрах çапса, касчен государствăна тепĕр рейс леçес! — татса хучĕ тепĕр колхозник.

Эпĕ малалла утрăм. Итем хĕрÿ ĕç шавĕпе янраса юлчĕ...

Кăçал тата, акă, пыратăп хирсем тăрăх хамăр ялалла. Колхозницăсем тулă пуссинче сум сумлаççĕ.

— Кăшт канса ларсамăр. Хаçатра мĕн çыраççĕ паян? — теççĕ вĕсем.

— Хыпарсем нумай — савăнмалли те, тарăхмалли те, — тетĕп.

Колхозницăсем тинкерсе тăчĕç. Хамăр çĕршыври тата демократиллĕ çĕршывсенчи ÿсĕмсем çинчен пĕлтернĕ хыççăн, вĕсене июнĕн 17-мĕшĕнче Берлин хулин демократиллĕ секторĕнче пулса иртнĕ йĕркесĕрлĕхсем, çак ирсĕр ĕçе Америка империалисчĕсем хĕтĕртнипе фашистла сутăнчăксем туни çинчен вуласа паратăп.

— Çав кашкăрла йăлана çаплах пăрахмаççĕ-ха вĕсем. Мирлĕ ĕçе пăсасшăн. Шалчи тулĕ-тулех-ха вĕсен! — тăрăхса илчĕç колхозницăсем. — Ыран та çак сулпа килĕр. Эпир кунтах пулатпăр. Кĕтетпĕр, — терĕç вĕсем.

Савăнатăп хамăн ĕçпе. Кулленех çавăн пек халăхпа. Ватăраххисем тата çырусем вуласа пама ыйтаççĕ. Çырусем вара йăсан кăна килмеççĕ пулĕ, — Мускавран, Ленинградран, Свердловскран, Хабаровскран, — пур çĕртен те сыраççĕ пирĕн пата. Вĕренеççĕ, ĕçлеççĕ унта пирĕннисем. Ĕнер, акă, Малинина колхозница Хусанта вĕренекен ывăлĕнчен çыру илчĕ. Пĕр ывăлĕ Совет Çарĕн офицерĕ унăн. Ку тата врач пулма хатĕрленет иккен-ха. Максим Алексеевичăн ывăлĕ те офицера тухма вĕренет, Матрена Васильевнăн хĕрĕ заводра ĕçленĕ вăхăтрах мастер пулма вĕренни çинчен çырса пĕлтерет. Ун пеккисем çинчен пĕлсен, хамăн та чун савăнать!

...Пĕррехинче, ытти чухнехинчен савăнăçлăрах тавăрăнтăм иккен те, карчăк пÿрте кĕнĕ-кĕменех сисрĕ ăна.

— Ĕнер пионерсем сывлăх сунчĕç тесе хĕпĕртесе килтĕн. Паян тем тупăнчĕ ĕнтĕ тата? Кăç кăна кулаймасть-ис. Ватă пек пулăсчĕ ара, — тет.

— Ан та кала-ха, — тетĕп. Хам çинчен сырнă хаçата паян хам валеçсе çÿрерĕм пулать те. Пин çын вулать... Енеместĕн пулсан, куçупа пăх, — тетĕп. — Районти хаçатра «Почтальон-агитатор» тесе сырнă статьяна кăтартса паратăп ăна.

— Кÿштесе çÿрех ара, — тет карчăк. Ватă сынăн мĕн валесси пултăр тата.

— Агитатор апла эсир?

— Çаплах. Агитатор мар-тăк, мĕнле почтальон пултăр вăл, — тет Владимир Евграфович. Кружокра вĕренетĕп. Парти историне кăçал иккĕмĕш çул вĕрентĕмĕр.

— Çавăн пек ĕçсем, — терĕ Константин Никитич, пĕр вăхăт шарламасăр ларнă хыççăн. — Ĕç пĕтерсен, таврăнатăп вара савăнса. Äсте пăхатăн, çавăнта кăмăл тулать: çĕнĕ çуртсем, хуçăм тырăпа хумханакан хирсем, унтах трактор кĕрлет, ырă ĕçпе савăнса колхозник юрлать...

— Моляка çак çулла çÿретĕп эпĕ, — МТС хысĕнчи ешĕл вăрман еннелле кăтартрĕ Константин Никитич. — Пĕ-виç çул каялла унта пуш-пушахчĕ. Халĕ акă çĕнĕ урам пулса ларчĕ. Çапла ÿсет пирĕн колхозăн ял.

* * *

Константин Никитич почтальон папкатарлă ĕç тăвать. Вăл, хăй пек пиншер почтальонсем пекех, партин çĕнĕ ÿсĕмсем туна чĕнекен чăн сăмахне ĕççыннисем патне илсе пырать.

Акă паян та вăл, сумка тулли хаçат-журнал тултарса, почта çуртĕнчен тухрĕ. Савăнăçлă ĕçри колхозăн илĕн ешĕл урамĕсем тăрăх малалла çăмăллăн утрĕ.

И. ПУШКИН,
«За коммунизм» колхоз,
Советски районĕ.

# Корейăри перемири çинчен пынă калаçусене хутшăннă Корейăпа Китай делегацийĕ пĕлтерни

ПЕКИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтерни тăрăх, Корейăри перемири çинчен пынă калаçусене хутшăннă Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 27-мĕшĕнче, Корея вăхăчĕпе ирхине 10 сехетре Паньмыньчжоньре (Корей) Корейăпа Китай делегацийĕн пуçлăхĕ Нам Ир генерал тата тепĕр енĕн делегацийĕн пуçлăхĕ Уильям К. Гаррисон генерал-лейтенант Корейăри перемири пирки тунă килĕшӳ çине тата çав килĕшӳ çумне вăхăтлăха хушса çырнă килĕшӳ çине официальнăй йĕркепе алă пусрĕç. Килĕшĕвĕн тивĕçлĕ чĕлхесемпе çырнă экземплярĕсене Корея Халăх çарĕн верховнăй командующийĕ Ким Ир Сен маршал, Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ Пын Дэ-хуэй генерал тата Пĕрлешнĕ Нацисен главнокомандующийĕ Марк У. Кларк патне ярса пачĕç.

Икĕ енĕ пĕр-пĕринпе тунă килĕшӳ тăрăх, икĕ енĕ контроллесе тăракан мĕнпур хĕçпăшаллă вăйсем, ку шутра çĕр çинчи, тинĕс-çарĕпе сывлăш-çар вăйĕсенчи мĕнпур чаçсемпе çынсем, икĕ енĕн делегацийĕсен пуçлăхĕсем килĕшӳ çине алă пуснăранпа 12 сехет иртсен, урăхла каласан, июлĕн 27-мĕшĕнче, Корея вăхăчĕпе каçхине 10 сехетре çапăçма пĕтĕмпех чарăнаççĕ.

Перемири пирки тунă килĕшĕвĕн пур условийĕсем те, уйрăм çумне хушса çырнисенчи ытти пур условисем те, çавăн пекех тата перемири пирки тунă килĕшӳ çумне хушса вăхăтлăха тунă килĕшӳри пур условисем те çапăçма чарăннипе пĕр вăхăтрах вăя кĕреççĕ.

Перемири пирки тунă килĕшӳре çакăн çинчен уçăмлă каланă: икĕ енĕн командующийĕсен хăйсене пăхăнса тăракан мĕнпур çарсем тĕлĕшпе, тивĕçлĕ командованипе пăхăнса тăракан çынсем пурте перемири килĕшĕвĕн пур условийĕсене те пурнăçлаччăр тесе, кирлĕ ĕçсене пĕтĕмпех тумалла тата мерăсем йышăнмалла.

Перемири çинчен тунă килĕшĕвĕн статьисемпе параграфĕсем пурте, вĕсене икĕ енĕ пĕтĕм ыйтусене мирлĕ майпа, политика тĕлĕшĕнчен çӳлĕ шайра йĕркелесси çинчен тунă тивĕçлĕ килĕшӳре ятарласа çырнă тӳрлетӳсемпе, хушса çырнисемпе е условисемпе улăштариччен, вăйра пулаççĕ.

Корейăри перемири пирки пынă калаçусене хутшăннă Корейăпа Китай делегацийĕ пĕрле тăрăшса ĕçленипе, пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсем хытă пулăшнипе хăйĕн задачине ăнăçлă вĕçлерĕ.

## Ким Ир Сен Перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă

ПХЕНЬЯН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Июлĕн 27-мĕшĕнче, каçхине 10 сехетре, Пхеньянра Корея Халăх çарĕн Верховнăй командующийĕ Ким Ир Сен маршал Корейăра перемири тăвасси çинчен çырнă килĕшӳ çине алă пуснă. Килĕшӳ çине алă пуснă çĕрте Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Ким Ду Бон, партипе обществăлла организацисен руководителĕсем, Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн ертсе пырас ĕçри работникĕсем, министрсем, Корейăри хаçатсемпе урăх çĕршыв хаçачĕсен представителĕсем пулнă.

## Кларк Корейăри перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă

ЛОНДОН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Лондонри радио Пĕрлешнĕ нацисен Корейăри хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕ Кларк генерал перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пусни çинчен пĕлтернĕ.

# Перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă май Ким Ир Сен маршалпа Пын Дэ-хуэй генерал хĕçпăшаллă вăйсене панă приказ

ПЕКИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Пекинри радио Ким Ир Сен Маршалпа Пын Дэ-хуэй генерал июлĕн 27-мĕшĕнче çарсене мĕнле приказ пани çинчен пĕлтернĕ. Приказра çапла каланă:

Юлташсем, Корея Халăх çарĕнчи çар служащийĕсем, юлташсем—Китай халăх добровольцĕсем!

Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсем агрессие хирĕç, мире хӳтĕлесе, виçĕ çул хушши паттăр çапăçнă хыççăн, çавăн пекех тата Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе перемири тăвас пирки икĕ çул хушши çине тăрса калаçусем иртернĕ хыççăн, мухтава тивĕçлĕ çĕнтерӳ тума—Корейăра перемири тума пултарчĕç. Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕпе пĕрле Корейăри перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пусрĕç.

Перемири çинчен килĕшӳ туса алă пусни Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе тунă малтанхи утăм пулса тăрать, çавăнпа та Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне пулăшать. Çакна Корейăпа Китай халăхĕсем чун-чĕререн ырларĕç, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери мире юратакан çынсене савăнтарчĕ. Анчах та Пĕрлешнĕ нацисен командованийĕ енче татах та вăрçасшăн тăракан хăшпĕр çынсем, сăмахран, Ли Сын Ман шайкки пур-ха. Вĕсем Корейăра перемири тунине питех те килĕштермеççĕ, çавăнпа та перемири çинчен килĕшӳ туса алă пуснине хирĕç пур майсемпе те кĕрешрĕç. Çавăнпа та Корея Халăх çарĕнчи çар служащийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен пурин те хăйсен сыхăлăхне вăйлатас пулать.

Перемири пирки тунă килĕшӳ вăя кĕме пуçланă самантра, эпир Корейăри перемирие тĕрĕс пурнăçласа пымалла тăвас, килĕшĕве кирек мĕнле майпа пăсассине чарас тата малашне Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе политикăлла конференци пухас ĕçе çăмăллатас шутпа çакăн пек приказсене пĕлтеретпĕр:

1. Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен çĕр çинчи çарсенчи, сывлăш çарĕсенчи, тинĕс-çар вăйĕсенчи, çавăн пекех тата çирансене хӳтĕлекен чаçсенчи мĕнпур çынсен, перемири çинчен тунă килĕшĕве тĕрĕс пурнăçлас шутпа, пĕтĕм фронтра 1953 çулхи июлĕн 27-мĕшĕнче 22 сехет те 00 минутра, урăхла каласан, перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснăранпа 12 сехет иртсен, çапăçма чарăнмалла. 1953 çулхи июлĕн 27-мĕшĕнчи 22 сехет те 00 минутран пуçласа 72 сехет хушшинче, урăхла каласан, перемири çинчен тунă килĕшӳ вăя кĕнĕ хыççăн 72 сехет хушшинче, вĕсен пурин те демаркационнăй чикĕрен, икĕ енĕ те çавăн пек чикĕ пулмалла тесе пĕлтернĕ вырăнтан, пĕтĕм фронтра 2 километр каялла чакмалла. Çарсем тăма чарнă вырăнăн чиккисем урлă каçмалла мар.

2. Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен çĕр çинчи çарсенчи, сывлăш çарĕсенчи, тинĕс-çар вăйĕсенчи, çавăн пекех тата çирансене хӳтĕлекен чаçсенчи мĕнпур çынсен питĕ сыхăлăхлă пулмалла, хăйсен позицийĕсене хытă хӳтĕлемелле, тепĕр енĕ кирек мĕнле агрессиллĕ тата сăтăрла ĕçсем тăвассине те сиссе яма яланах сыхă тăмалла.

3. Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсенчи мĕнпур çынсен перемири килĕшĕвне пурнăçлас енĕпе ĕçлекен çар комиссийĕнчи, çавăн пекех пĕрле сăнаса тăма уйăрнă ушкăнсенчи çынсемшĕн, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен тăракан комиссири çынсемшĕн, Хĕрлĕ Хĕрес обществисен пĕрлешсе тунă ушкăнĕсенчи çынсемшĕн,—вĕсем пирĕн çарсем тĕрĕслесе тăракан районсене перемири çинчен тунă килĕшĕве пурнăçлас тĕлĕшпе пыма пултараççĕ,—хăрушсăрлăх туса хума пĕтĕм вăя хурса тăрăшмалла тата вĕсене пур майсемпе те пулăшса пымалла.

**КИМ ИР СЕН**, маршал,
Демократиллĕ Корея Халăх Республики,
Корея Халăх çарĕн Верховнăй командующийĕ.

**ПЫН ДЭ-ХУЭЙ**,
Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ.

## Корейăри перемири пирки килĕшӳ çине алă пуснă хыççăн

ПЕКИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Корейăри перемири пирки пынă калаçусене хутшăннă Корейăпа Китай делегацийĕ паян каçхине 6 сехетре çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 27-мĕшĕнче ирхине 10 сехетре перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă хыççăн калаçăва хутшăннă делегацисем, перемири çинчен тунă килĕшӳре каланă пек, перемирие пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссийĕ тунă. Комиссин малтанхи ларăвĕ ыран ирхине 10 сехетре пулать.

## Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви йышăннă постановлени

ПХЕНЬЯН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянри радио çакăн çинчен пĕлтернĕ: перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснине палăрттуса, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен кабинечĕ июлĕн 28-мĕшне ĕçлемелле мар кун тăвасси тата пĕтĕм çĕршывĕпех государство ялавĕсене кăларса çакасси çинчен постановлени йышăннă.

## В. И. Ленин Сочиненийĕсен 33-мĕш томĕ венгерла пичетленсе тухнă

БУДАПЕШТ, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Сикра» издательстви В. И. Ленин Сочиненийĕсен 33-мĕш томне венгерла пичетлесе кăларнă. Кĕнеке 50 пин экземпляр пичетленсе тухнă.

Çак тома кĕнĕ произведенисенчен нумайăшĕ венгер чĕлхипе малтанхи хут пичетленнĕ.

## Албанире пурăнмалли çуртсем нумай лартаççĕ

ТИРАНА, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Албани правительстви ĕççыннисен пурăнмалли условийĕсене лайăхлатма хытă тăрăшать. Пилĕкçуллăхăн малтанхи икĕ çулĕнче çĕршывра пурăнмалли çуртсем чылай лартнă, вĕсен пурăнмалли лаптăкĕ çĕр пин тăваткал метр ытла. Çав вăхăт хушшинче Тирана хулинче кăна 600 хваттер ытла тунă. Хальхи вăхăтра çĕр-шер хваттер тума тытăннă.

Пилĕкçуллăх хушшинче Албанире пурăнмалли çуртсем нумай лартаççĕ, вĕсен пĕтĕм лаптăкĕ 586 пин тăваткал метр пулмалла. Пурăнмалли çуртсем тума кашни çул 1938 çулхинчен 12 хут ытла укçа расходлаççĕ.

## Берлинра совет искусствин выставки уçăлнă

БЕРЛИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра вырăссен классикла искусствипе совет искусствин выставки уçăлнă. Выставкăна чаплă ӳкерчĕкĕсем, ӳкерчĕкĕсем... уçнă. Живописьпе графикăн 150 ĕçне выставкăна илсе пынă.

Выставка уçнă çĕрте Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь, правительство членĕсем, ССР Союзĕн Демократиллĕ Германи Республикинчи дипломатиллĕ миссийĕн советникĕ Г. Н. Михеев, халăх демократи çĕршывĕсен дипломати миссийĕсен представителĕсем, Демократиллĕ Германи Республикинчи культурăлла тата обществăлла организацисен представителĕсем пулнă.

Выставка уçнă ятпа Демократиллĕ Германи Республикин шкулсен, наука тата искусство ĕçĕсене сыхăнтарса тата контроллесе тăракан ведомствин руководителĕ Пауль Вандель кĕске сăмах каланă. Вăл ССР Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики культура енĕпе тунă ĕçсемпе пĕр-пĕрне паллаштарас енĕпе выставка пысăк вырăн йышăннине уйрăмах палăртнă.

## Польшăра учительсен пурнăçне лайăхлатма тăрăшаççĕ

ВАРШАВА, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинче 180 пин учитель ĕçлет. Вĕсем Польшăра социализм тăвас ĕçе активлă хутшăнаççĕ. Учительсен пархатарлă ĕçне Польша халăхĕ пысăка хурса хаклать. Педагогсене хваттер пуринчен малтан параççĕ. Влаçăн вырăнти органĕсем учительсен хваттерĕсене вăхăтра юсама, вĕсене валли топливо тата ытти япаласем тупса пама тăрăшаççĕ.

Варшавăра, Познаньре, Зеленăй-Гурăра тата ытти чылай хуласенче Çамрăк учитель çурчĕсене уçнă. Çав çуртсене пухăнса, учительсем пĕр-пĕрне хăйсен ĕçри опычĕпе паллаштараççĕ, хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстереççĕ тата канаççĕ. Çывăх вăхăтра Вроцлавра, Кашалинра тата Опольте çавăн пек çуртсем уçма палăртнă.

Польшăри илемлĕ те хитре вырăнсенче учительсен профсоюзĕн канмалли çурчĕсем пур. Çав çуртсенче хальхи вăхăтра 3.000 педагог ытла канать. Балти тинĕс хĕрринче Поберово ятлă вырăнта 50 коттедж тунă, çав çуртсенче çĕршыври чи лайăх учительсем çемйисемпе пĕрле канаççĕ.

### ПОЛЬШĂРИ ШАХТЕРСЕН ĔÇРИ ÇИТĔНĔВĔ

ВАРШАВА, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри шахтерсем производствăра пысăк çĕнтерӳ тунă. Çĕршывăн çĕр кăмрăк промышленноçĕ июль уйăхĕнчи плана срокчен 7 кун маларах 101,2 процент тултарнă. Явожницко-Миколов çĕр кăмрăк пĕрлешĕвĕн шахтисен коллективĕсем пуринчен лайăхрах ĕçленĕ, вĕсем июль уйăхĕнчи производство планне 104,1 процент тултарнă.

### БОЛГАРИРЕ ВУЛАВ ÇУРЧĔСЕМ НУМАЙ УÇНĂ

СОФИЯ, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири хуласемпе ялсенче халăх валли вулав çурчĕсемпе кĕнеке-хаçат вуламалли пӳлĕмсем нумай уçнă.

Юлашки çулсенче вулав çурчĕсенче кĕнекесен шучĕ нумайланнă. Вулав çурчĕсем лайăхрах ĕçлеме пуçланă. Кĕнекесем çинчен ăнлантарса парас тата вĕсене сарас тĕлĕшпе çĕнĕ майпа ĕçлеççĕ—вулакансен конференцийĕсене иртереççĕ, çĕнĕ произведенисене халăхпа пĕрле сӳтсе яваççĕ, литература произведенийĕсен выставкисене тăваççĕ. Политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе лекцисем нумай иртереççĕ. Вулав çурчĕсемпе кĕнеке-хаçат вуламалли пӳлĕмсем çумĕнче театр кружокĕсем 1.748, хор кружокĕсем—808, ташă ансамблĕсем—650, оркестрсем—141.

Болгарие ирĕке кăларнăранпа çĕршывра вулав çурчĕсем валли 435 çурт лартнă.

# Чехословаки халăх хуçалăхĕ вăйланать

ПРАГА, июлĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки телеграф агентстви Чехословакин государство статистика управленийĕ 1953 çулхи иккĕмĕш кварталти плана мĕнле тултарни çинчен пĕлтернине хаçатсем çине пичетлеме панă.

1953 çулхи иккĕмĕш кварталти плана пĕтĕм промышленность продукци туса кăларас енĕпе 99,4 процент тултарнă. Промышленность продукцийĕ туса кăларасси 1953 çулхи иккĕмĕш кварталта, 1952 çулхи иккĕмĕш кварталтипе танлаштарсан, 11 процент ӳснĕ. 1953 çулăн пĕррремĕш çурçуллăхĕнче промышленность туса кăларнă продукци 1948 çулта туса хатĕрленĕ продукцирен нумайрах пулнă.

Промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 1953 çулхи иккĕмĕш кварталта, 1952 çулхи иккĕмĕш кварталтипе танлаштарсан, 9,3 процент, ĕç укçи вăтам шутпа 5 процента яхăн ӳснĕ.

1953 çулхи иккĕмĕш кварталта нефть, дизель топливи кăларас, бензин, пирит, электролитла пăхăр, пысăк вольтлă электричество ламписем, токарнăй станоксем, автоматсемпе çурма автоматсем, тракторсем, пăравуссем, пассажирсен вагонсем, революверлă станоксем, çăмăл автомобильсем, суперфосфат, кӳкĕрт кислоти, вискоза пурçăнĕ, сăрăсем, хут, чăлхасем, çăпата ... туса кăлармалли заданисене иртересе тултарнă. Çавăн пекех тулăпа ырăш çăнăхĕ авăртмалли, сăкăр пĕçермелли, ĕне какайĕ, маргарин тата ытти продуктсем хатĕрлемелли заданисене те иртерсе пурнăçланă.

Ялхуçалăхĕнчи пĕрлĕхлĕ кооперативсемпе машина-трактор станцийĕсем çуракине иртерме 1952 çулхинчен лайăхрах хатĕрленнĕ. Машина-трактор станцийĕсем çураки вăхăтĕнче 1952 çулхинчен 68 процент ытларах ĕç тунă.

1953 çулхи иккĕмĕш кварталта чугун çул, автомобиль, юханшыв тата сывлăш транспорчĕсем малалла вăйланса пынă.

Çыхăну министерстви пĕррремĕш телевизионнăй станцие туса пĕтернĕ, ăна ĕçлеттерме тытăннă.

## Китайри вăрман промышленноçĕн ӳсĕмĕ

ПЕКИН, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра экономикăлла строительство анлă сарăлнă. Çав строительство валли йывăç тата ытти материалсем нумай кирлĕ. Чугун çулсем тăрăх кашни кунах пĕренесем, хăмасем, шпалсем тата ытти материалсем тиенĕ вуншар поездсем иртеççĕ. Гуанси провинцийĕн сăртлă районĕсенче, Хĕвелтухăç, Вăтаçĕр-Кăнтăр тата Кăнтăр-Хĕвеланăç Китайра, Сиканра, Синцзяньре, Чанбошаньпе Пысăк Хинган сăрчĕсем хушшинче ĕççыннисем кашни кунах тимлĕ ĕçлеççĕ.

Халăх влаçĕ пулнăранпа Китайри вăрман промышленноçĕ вăйлă аталаннă. 1952 çулта вăрман промышленноçĕ тĕрлĕ материалсем 1950 çулхинчен икĕ хут нумайрах хатĕрлесе панă.

Халиччен пырса кĕмен пысăк вăрмансенче ĕçлеме тытăннă май çĕнĕ вăрман-промхозсем тата вăрман касакансен çĕнĕ поселокĕсене тăваççĕ. Чугун çулăн Харбинпа Маньчжурия хушшинчи участокĕнчи Якеши станцийĕнчен хĕвелтухăçнерехре, Тулихэ шывĕ юхса иртнĕ çĕрте, вăрман касса хатĕрлемелли район сарăлса выртать. Пĕр çулталăк каялла унта пĕр çурт та пулман. Халĕ вара юханшывăн икĕ енĕпе вуншар пин çын ĕçлет, вĕсем çав районтах пурăнаççĕ.

## Венгри Халăх Республикин Президиумĕ амнисти çинчен Указ кăларнă

БУДАПЕШТ, июлĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Венгри Халăх Республикин Президиумĕ амнисти çинчен кăларнă Указ пичетленсе тухнă. Указра çапла каланă:

Венгри Халăх Республикин государствăпа общество стройĕ çирĕпленни, ĕçре ситĕнӳсем туни, кăçалхи майăн 17-мĕшĕнче Государство пухăвĕн суйлавне иртернĕ чухне Венгри халăхĕ пĕр шухăшлă пулса халăх демократи майлă тăни палăрни, законсене пăхăнса тăрассипе дисциплина тăтăшах çирĕпленсе пыни Венгри Халăх Республикин Президиумне айăпа кĕнĕ çынсене амнисти памалла тума май пачĕç.

Указ тăрăх, суд икĕ çуллăх срокран ытла мар хупса усрамалла, çавăн пекех тата суд юсанмалли ĕçе кирек мĕнле срока ямалла тунисене пурне те ирĕке кăларăççĕ. Çитĕнсе çитмен çамрăксене, йывăр çын хĕрарăмсене, 10 çул тултарман ачасен амăшĕсене, 50 çултан иртнĕ хĕрарăмсене тата 60 çултан иртнĕ арçынсене, пурне те амнисти йĕркипе ирĕке кăлармалла. Икĕ çул ытла хупса усрамалла тунисен срокне виçĕ пайран пĕр пайне чакармалла.

Следстври ĕçсем тăрăх икĕ çултан каярах хупса усрамалла, юсанмалли ĕçе ямалла тата укçан штраф тӳлеттермелле тумалла пулсан, çав ĕçсене пĕтерсе лартаççĕ.

Çар ĕçĕнче преступленисем тунă, халăха хирĕçле преступленисем, государствăн халăх демократи стройне сирпĕтсе антарас е халăх республикине пĕтерсе хурас тĕлĕшпе преступленисем тунă айăплă çынсене амнисти пулмасть. Тăван çĕршыва хирĕç сутăнчăкла ĕçсем тунă, законсăр йĕркепе чикĕ урлă каçнă, усал шухăшпа ятарласа çын вĕлернĕ, вăрă-хурахла ĕç тунă, ирĕксĕрлесе усал ĕç тунă çынсем лармалли срока чакармаççĕ. Кунсăр пуçне, обществăлла харпăрлăха çаратас енĕпе преступленилле ĕçсем тунăшăн 5 çултан ытларах хупса усрама суд тунисене тата обществăлла пурлăхпа уйрăм граждансен пурлăхне вăрланăшăн темиçе хутчен суда лекнĕ çынсене амнисти памаççĕ.

## Франци халăхĕ миршĕн кĕрешет

ПАРИЖ, июлĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Францири миршĕн тăракансен наци Совечĕ хаçатсен представителĕсене пĕлтерӳ панă. Пĕлтерӳре тĕнчери тавлашуллă ыйтусене татса пама калаçусем иртермелле тăвассишĕн тата халăхăн миршĕн кĕрешмелли кампанийĕ малалла вăйланса пыни çинчен каланă. Çак кампание виçĕ лозунгпа: Индо-Китай ыйтăвне калаçусем иртернипе йĕркелемелле, Германи ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелемелле тата Франци тĕнчери çĕршывсем хушшинчи йывăрлăха çăмăллатма пулăшмалла текен лозунгсемпе иртереççĕ. Ку кампанин формисем тĕрлĕ майлă: «Мир тетрачĕсем çине» алă пустарса çӳреççĕ, пухусем иртереççĕ, муниципалитетри советникĕсемпе генеральнăй советниксем патне, парламент членĕсем патне, калаçусем иртермелле тăвассишĕн тата миршĕн тăма хушса, çырусем яраççĕ.

Çĕршыври нумай коммунăсемпе ялсенчи çынсен ытларахăшĕ «Мир тетрачĕсем» çине алă пуснă.

Мирлĕ калаçусем иртермелле тесе, муниципальнăй советсенчен 100 совет ытла решени йышăннă. Çĕршыври нумай хуласенче миршĕн тăракансен пухăвĕсене иртернĕ, çак пухусенче миршĕн кĕрешессине вăйлатмалли майсем çинчен сӳтсе явнă.

### ВЬЕТНАМРА ВĂРÇМА ФРАНЦИ 3 ПИН МИЛЛИАРД ФРАНК РАСХОДЛАНА

ПАРИЖ, июлĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Фран-Тирер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, портфельсĕр министр Миттеран, Европа совечĕн ĕçĕсем енĕпе ĕçлекенскер, сăмах туха каланă. Вăл: Индо-Китайра уçă калаçусем иртернипе ыйтăва йĕркелемелле, тенĕ. Вăл Вьетнамра çичĕ çул хушши вăрçма Франци 3 пин миллиард франк укçа расходланине палăртнă.

## Французсем оккупациленĕ районсенче Вьетнам рабочийĕсене хытă эксплуатацилеççĕ

ШАНХАЙ, июлĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнам телеграф агентстви çакăн çинчен пĕлтернĕ: французсем оккупациленĕ Вьетнам районĕсенче рабочисен пурнăçĕ питĕ начар, вĕсене хытă эксплуатацилеççĕ. Франци агрессорĕсем оккупациленĕ хуласемпе районсенче хăйсен çарĕсене роти-ротипе тата полици отрячĕсене вырнаçтарнă. Фабрикăсем тавра йĕплĕ пралукпа картасем тытнă. Фабрикăсенче разведка агенчĕсем нумай, вĕсем кашни рабочипе служащи мĕн тунине сăнаççĕ. Рабочисене час-часах хытă хĕнеççĕ.

Çĕр кăмрăкĕ кăларнă çĕрте, Хан-Гай бассейнĕнче рабочисене час-часах вĕлереççĕ. Рабочисем юхăмĕ вăйлансан, французсемпе вĕсен агенчĕсем çĕршер рабочисене вĕлереççĕ, вĕсен виллисене тинĕсе пăрахаççĕ. Французсемпе вĕсен агенчĕсем хăшпĕр çынсем пирки вĕсем патриотла ĕçе хутшăннă тесе шутласан, çав çынсене хытă хĕнеççĕ. Франци колонизаторĕсем рабочисене ирĕксĕрлесех çулсемпе кĕперсене юсанă çĕрте, çар валли тумалли ĕçсенче, Францин колонири çарĕ валли çар материалĕсем тăвакан заводсенче ĕçлеттереççĕ.

Кам-Фари çĕр кăмрăк шахтинче рабочисем кунне 10—12 сехет хушши çĕр кăмрăк кăлармалли тĕттĕм шăтăксенче ĕçлеççĕ. Рабочисем вăраххăн ĕçленĕ пек туйăнсанах, охранниксем çав рабочисене хĕнеççĕ. Ватă рабочисен кăна мар, ӳссе çитмен çамрăксен те кунĕпех ĕçлеме тивет. Франци колонизаторĕсем питĕ пысăк услам илеççĕ пулсан та, вĕсем рабочисене ĕçленĕшĕн питĕ йӳнĕ тӳлеççĕ. Франци колонизаторĕсем учреждение пуç пулса тăма лартнă çын, вĕсен «пукани», уйăхра 9 пин пиастрăран пуçласа 12 пин пиастр (укçа шучĕ) илет пулсан, рабочисенчен нумайăшĕ уйăхне 500 пиастрăран пуçласа 750 пиастр таран çеç илет.

### ФРАНЦИРЕ АПАТ-ÇИМĔÇ ХАКĔ ӲСНĔ

ПАРИЖ, июлĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Либерасьон» хаçат Францире апат-çимĕç хакĕ ӳсни çинчен пĕлтерет. Июлĕн 18-мĕшĕ тĕлне 48 йышши апат-çимĕç таварĕнчен 40 йышши тавар хакĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, чылай ӳснĕ.

# Шупашкар шахматисчĕсен çĕнтерĕвĕ

Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăнхи çулсенче тăванла икĕ республика столицинчи—Хусан тата Шупашкар хулисенчи шахматистсем кашни çулах тĕл пулса выляççĕ. Кăçалхи тĕлпулусенче яланах Хусан шахматисчĕсем çĕнтернĕ. Кăçалхи тĕлпулу июлĕн 25—26-мĕшĕсенче пулса иртрĕ. Çак тĕлпулура Шупашкар хулинчи шахматистсен команди çĕнтерчĕ, вăйă 11:7 шутпа вĕçленчĕ.

Кашни командăра сакăр шахматист тата пĕр шахматистка пулчĕ. Хусан командине пултаруллă шахматист, мастер кандидачĕ Валеев ертсе пычĕ.

Пирвайхи кун Изосимов (Шупашкар) Селихова (Хусан) çĕнтерсе малтанхи очко илчĕ. Ун хыççăн Студенецкий Ермолинран выляса илсе çак çĕнтерĕве çирĕплетрĕ. Вăл кун вăйăра Шупашкар команди 5,5 очко, Хусан шахматисчĕсем 3,5 очко илчĕç.

Иккĕмĕш кунне Сиротин (Шупашкар) пĕррремĕш разрядри шахматист Закировран выляса илчĕ. Ун хыççăн Хусан командинчи Валеевпа Ляхович, Сергиевскипе Элперен выляса илсе, икĕ çĕнтерӳ турĕç.

Шупашкр шахматистки Борисович лайăх выляннине палăртмалла. Вăл вăйлă шахматисткăна — Сатонинăна çĕнтерчĕ. Хрусталев (Хусан) Гуляевран (Шупашкар) выляса илнĕ хыççăн, Студенецкий Ермолина иккĕмĕш хут çĕнтерчĕ. Смирнов Селиховран, Персов Нейковран выляса илнĕ хыççăн вăйăра Шупашкар команди мала тухасси татăкланах палăрчĕ.

## Кĕскен

**Колхозри спортсменсем.** Тимирязев ячĕпе тăракан колхозри (Етĕрне районĕ) çамрăксем ялхуçалăхĕнче хастарлă ĕçленипе пĕрлех спортпа та интересленеççĕ. Колхозра икĕ футбол команди йĕркеленĕ. Вĕсем пĕр-пĕринпе тăтăшах тĕл пулса выляççĕ. Çавăн пекех çамрăксем волейболла, чушкăлла выляççĕ, йывăр атлетика упражненийĕсене тăваççĕ.

**Автомашина туяннă.** Чкаловски районĕнчи «Кзыл Юлдуз» колхоз организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çултан-çул тĕреклесе пырать. Кунта обществăлла çуртсем нумай тăваççĕ. Çак кунсенче колхоз грузсем турттармалли «ГАЗ-51» маркăллă автомашина туяннă.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Корейăра перемири тума алă пуснă май СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Ким Ир Сен юлташ патне янă телеграмма.

Корейăра перемири тума алă пуснă май СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Ли Дон Ген юлташ патне янă телеграмма.

Корейăри перемири («Правда» хаçатăн июлĕн 28-мĕшĕнчи умстатьи).

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарас умĕн.

РСФСР Статистика Управленийĕ РСФСР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕррремĕш çурçуллăхра мĕнле тултарни çинчен пĕлтерни.

Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунĕ умĕн.

А. Кăлган.—«Ксения» (Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕ Чăваш академи театрĕнче лартнă спектакль çинчен).

Урăх çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

### *Тӳрлетни*

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн июлĕн 28-мĕшĕнче 4-мĕш страницăра пичетленнĕ «Спорт хыпарĕсем» ятлă информацире редакци сотрудникĕн Г. Андреев юлташăн айăпне пула хăшпĕр фактсене тĕрĕс мар кăтартнă.

Пиллĕкмĕш абзаца çапла тӳрлетсе вуламалла: «Çĕрпӳ районĕнчи Громов ячĕпе тăракан артельти...» (малалла текстри пекех).

Улттăмĕш абзацра «Футбол вăййипе хулара мала тухассишĕн» тени вырăнне «Футбол вăййипе (иккĕмĕш группа тăрăх) республикăра мала тухассишĕн» тата «пир-авăр комбинатĕнчи» вырăнне «пир-авăр комбинат строительствинчи» тесе вуламалла.

Юлашки абзаца çапла тӳрлетсе вуламалла: «Арçынсем хушшинче иккĕмĕш вырăна Первомайски районĕн, виççĕмĕш вырăна Канаш районĕн...» (малалла текстри пекех).

Ĕç çине çилтен пăхнăшăн Г. Андреев юлташа ятланă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-44, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—8-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство канурĕ—0-23.

НТ 01464 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20,000 экз.